ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул Май 25 ВЫРСАРНИКУН № 103 (8755) Хакĕ 20 пус. 35-мĕш çул тухать.

**Паянхи номерте:**



## Организациллĕ ĕçе çӳлĕ пусăма

И. В. Сталин юлташ партин XVII-мĕш съездĕнче ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен тунă отчётлă докладĕнче, организациллĕ руководство ыйтăвĕсем çинче чарăнса, çапла каланă:

«Тĕрĕс сул-йĕр йĕтартса панă хыççăн, ыйтăва тĕрĕс татса панă хыççăн ĕçе ăнăçлă тăвасси организациллĕ ĕçсенчен, парти сул-йĕрне пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешес ĕçе организацилениччен, сыпсене тĕрĕс суйласа илниччен, ертсе пыракан органсен решенийĕсене пурнăçа кĕртнине тĕрĕслесе тăниччен килет».

Сталин юлташ вĕрентнĕ тăрăх, политикăллă тĕрĕс сул-йĕре палăртнă хыççăн организациллĕ ĕç пурне те татса парать, вăл шутра политикăллă сул-йĕрĕн хăйĕн кун-çулĕ мĕнле пуласине те, вăл пурнăçа кĕрессипе е пурнăçа кĕмесĕр юлассине те, татса парать.

В. И. Ленин: организациллĕ ĕçре тĕп вырăнта тăракани вăл—сыпсене суйласа илесси тата ĕçе тунине тĕрĕслесе тăрасси пулать, тесе вĕрентет.

Организациллĕ ĕçсем çинчен В. И. Ленин вĕрентнисене малалла аталантарса, И. В. Сталин юлташ партин XVII-мĕш съездĕнче организациллĕ ĕçсем тĕлĕшĕнчен нумай пек задачăсем хăларса тăратнă:

«1) Хамăрăн организациллĕ ĕçе малашне те партин политикăллă сул-йĕрĕ ыйтнă таран хăпартса пымалла;

2) Организациллĕ руководствăна политикăллă руководство çӳлĕшĕ таран хăпартмалла;

3) Организациллĕ руководствăна партин политикăллă лозунгĕсемпе решенийĕсене пĕтĕмпех пурнăçа кĕртсе пыма пултаракан тумалла».

Аслă Сталин кăтартса панисене пурнăçласа, парти организацийĕсем юлашки çулсенче партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕçсене чылай лайăхлатрĕç. Çакă вăл пире хамăрăн социализмлă тăван çĕршыва вăй-хăватне малалла пысăк хăвăртлăхсемпе çĕклентерсе пыма май пачĕ.

Совет халăхĕ, Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе, аслă Сталин хавхалантарса пынипе, хамăрăн çĕршывра кĕске срокра социализмлă общество туса хучĕ, халĕ вăл коммунизм çулĕпе çĕнтерӳллĕн малалла пырать. Совет халăхĕ çутçантарăка улăштарса çĕнетме тытăнчĕ. Вăл пысăк çĕклентерӳпе хăватлă гидроэлектростанцисен, каналсен, çĕре шăвармалли системăсем тăвать. Атăлпа Днепр, Донпа Аму-Дарья çинче тĕнче историйĕнче пулман пысăк сооруженисем пуçланчĕç. Кăçал Атăлпа Дон хушшинчи канал ĕçе кĕрет. Коммунизмăн çак аслă стройкисем туса çитерни пирĕн çĕршывăн çăн-çапатне тĕпрен улăштарать. Халиччен этеме сиен кӳрсе тăнă пушхирсем ялан лăхах çухалĕç, весем вырăнне чĕрĕ пурнăç кӳрекен вăрман тăрăхĕсем ӳссе çитĕнĕç. Çутçантарăка пăхăнтарса этем хăйне пăхăнтарнă çĕнĕ çĕрсем çинче совет çыннисен шаха йышлă тухăçлă ялхуçалăх культурисем çитĕнтерме, вырăх-чĕрлĕхсем ĕрчетме тытăнĕç.

Аслă совет лă социализмлă çĕршывра пур çĕрте те строительство ĕçсем вăйланса пырассĕ. Çĕнĕ хуласем ӳссе çитĕнессĕ. Унта та кунта çĕнĕ чугун çулсем иртессĕ. Промышленность çĕнĕ хăватпа çĕкленет. Ялхуçалăх ĕçченĕсем пысăк тухăçлă тырпул, йышлă вырăх-чĕрлĕх туса çитĕнтерессĕ.

Пирĕн Чăваш республикин социализмлă хуçалăхĕ те султан-сул вăйланса пырать. Кăçал республика столицинче—Шупашкарта, çавăн пекех ытти промышленность центрĕсенче те—Улатăрта, Канашра, Çĕмĕрлере—çĕнĕ стройкăсем пуçланчĕç. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕççыннисен пурнăçĕпе культурăллă шайне куллен ӳстерсе пынипе хавхаланса, социализмлă ялхуçалăх ĕçченĕсем тырпул ытларах туса илесшĕн, вырăх-чĕрлĕх нумайрах ĕрчетесшĕн кĕрешессĕ.

Пирĕн парти организацийĕсем—хула комитечĕсемпе райкомсем, пуçламăш организацисем хуçалăх культура строительствине ертсе пырас тĕлĕшпе пуян опыт пухнă. Весем массăсем хушшинче ĕçлеме вĕренчĕç. Умра тăракан политикăллă-хуçалăхлă аслă задачăсем партин организацийĕсене хăйсен организациллĕ ĕçĕсене çӳлĕрех пусăма çĕклеме, ертсе пырас ĕçĕн меслечĕсене лайăхлатма хушаççĕ. Партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕçсене лайăхлатнинчен хуçалăхпа культура строительствинчи ĕçсенĕн çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнӳсем туса пырасси килет. Çакă вăл, чи малтан, партин ылтăн фончĕ пулса тăракан кадрсене пĕлсе суйласа илес, весене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухас, весене тĕрĕс воспитани парса çитĕнтерес тенине, партипе масса хушшинчи çыхăнăва тата ытларах тĕреклетес, партин аллинче совет общественностьне малалла ĕçсе пымалли хăватлă хĕçпăшал пулса тăракан критикăпа самокритикăна вăйлатас, йышăннă решенисене пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслесе тăрас, çапла вара весене çине тăрса пурнăçламалла тăвас тенине пĕлтерет.

Парти комитечĕсем туса иртерекен организациллĕ ĕçĕн тĕллевĕ вăл—партипе правительство решенийĕсене вăхăтра пурнăçлама массăсене анлăн мобилизацилесси пулать. Партин ленинла-сталинла Центральнăй Комитечĕ аслă Сталин: парти руководителĕ вăл, чи малтан, массăсене политикăллă воспитани паракан руководитель, тесе вĕрентессĕ. Ялан халăх хушшинче пулмалла, производствăра ĕçлекенсемпе çыхăну тытмалла, вĕсене умра тăракан хуçалăхлă-политикăллă задачăсене пурнăçлама мобилизацилемелле—çакăнта партин организацийĕсен, вĕсен комитечĕсен массăсене тĕрĕс ертсе пымалли меслечĕ. Парти комитечĕсен пуçламăш партиорганизаци руководителĕсене—секретарьсене, партбюро членĕсене пур пысăк ыйтусем тăрăх та вăхăтра инструктаж парса тăмалла, кадрсене ĕçре пулăшмалла. Çавăн чухне кăна ĕçре çитĕнӳсем пулассĕ, çавăн чухне кăна пуçламăш партин организацийĕсем тулли пурнăçпа пурăнма, умра тăракан задачăсене чыслă пурнăçласа пыма пултарассĕ.

Парти комитечĕсен организаторла ĕçĕ партиллĕ-политикăллă ĕçе вăйлатма пулăшмалла, мĕншĕн тесен, партиллĕ-политикăллă ĕçе лайăхлатмасăр хуçалăхпа культура строительствинче çитĕнӳсем тума çук.

Малта пыракан предприятисемпе колхозсен ĕçĕ çакна кăтартать: ăçта парти организацийĕсем организациллĕ тата политикăллă ĕçсене тимлĕн туса пырассĕ, унта çитĕнӳ пулать. Çакăн çинчен калаççĕ, тĕслĕхрен, çураки ĕçĕсене ăнăçлă иртерекен Чурачăк, Красноармейски, Муркаш, Советски районĕсенчи парторганизацисен ĕçĕ. Çакăн çинчен калаççĕ производство планне ăнăçлă тултаракан Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри тата ытти чылай предприятисенчи парти организацийĕсен ĕçĕсем.

Парти организацийĕсем масса хушшинче туса иртерекен организациллĕ-политикăллă ĕçсем ĕççыннисен творчествăллă активлăхне ӳстерме, промышленноçра, транспортра, ялхуçалăхĕнче тата ытти çĕрте малта пыракансен опытне сарма пулăшмалла. Парти активĕн тивĕçĕ вăл—халăх хушшинчи политикăллă ĕçе тимлĕ хутшăнасси, рабочисен, колхозниксен, интеллигенци пухăвĕсенче докладсем тăвасси, массăсене партипе правительство решенийĕсем çинчен ăнлантарса парасси пулать.

Парти комитечĕсен хăйсен пĕтĕм организациллĕ ĕçĕсене пуçламăш парторганизацисем, коммунистсен анлă массине çине таянса туса пымалла, вĕсен пуçаруллăхне куллен ӳстерсе пымалла.

Ленин—Сталин партийĕ совет халăхне коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарса, организацилесе пырать. Парти организацийĕсен ĕççыннисен массисене хамăрăн социализмлă Тăван çĕршывăн вăйне хăватне ӳстерме мобилизацилес тĕлĕшпе ĕçсене çӳлĕ шая çĕклемелле, вĕсене тата ытларах вăйлатмалла.

## Уй-хире шăварма хатĕрленеççĕ

ЧКАЛОВ, майăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Средволгостройăн» Бузулукри строительствăпа монтаж кантурĕ Державински районта уй-хире шăвармалли система тума тытăннă. Унта 4 миллион кубометр ытла шыв тăракан водохранилище пулать. Водохранилищĕри шывпа 1.600 гектар çĕре шăварса тăмалла тăваççĕ. Часах Грачевски районти Боровка ятлă юханшыв çинче пысăк плотина тума тытăнаççĕ.

Облаçра строительствăпа монтаж кантурĕсем чылай ĕçлеме пуçлаççĕ. Вĕсем 500 ытла плотина, 400 насус станцийĕ тумалла, насуссене ĕçлеттерме 500 электромотор лартмалла. Çапла вара колхозсемпе совхозсен 117.000 гектар çĕрне шăварса тăмалла тăваççĕ.

## Камчатка ялĕсенчи строительство

ПЕТРОПАВЛОВСК-КАМЧАТСКИ, майăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Лăпкă океан çыранĕнче Елизовски районти Сталин ячĕпе тăракан артель хуçалăхĕ вырнаçнă. Артель пулă тытакансене пĕрлештерсе тăрать. Унăн хуçалăхĕ кашни çул ӳссе пырать. Енер колхозниксен пысăк савăнăç пулнă. Ялта клуб уçăлнă. Клубра кино курмалли зал, библиотека, художествăллă пултарулăх коллективĕ занятисем иртгермелли пӳлĕмсем пур.

Камчаткăри ялсенче çĕнĕ çуртсем, клубсем, шкулсем, больницăсем, магазинсем, электростанцисем нумай лартаççĕ. Çĕнĕ çуртсем лартма 5 миллион тенке яхăн уйăрса панă.

# Çуракинчен пушаннă тракторсемпе туртăм вăйне ирхи çĕртме сухи тума куçарар!

## Çĕрулми лартса пĕтерчĕç

ЧУРАЧĂК. «Прогресс» тата Калинин ячĕпе тăракан колхозсен членĕсем кăçал çĕрулмине лайăх çемçетнĕ пусăсене лартса хăварма йышăнчĕç. Вĕсем хăйсен сăмахне пурнăçларĕç, пусăсене лайăх çемçетрĕç, çĕрулмине майăн 20-мĕшĕ тĕлне лартса пĕтерчĕç. «Прогресс» артель 75 гектар, Калинин ячĕпе тăракан артель 40 гектар лартрĕç.

Ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсемпе усă курса, асăннă колхозсем çĕрулмине 25 гектар çинче тĕмĕн-тĕмĕн тăваткал майпа лартса хăварчĕç.

Çĕрулми лартмалли плана «Путь Сталина», «Красный флот» колхозсем те тултарчĕç.

Калинин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ çĕрулмине тата пахча çимĕçсене апат пама 50 тонна хлорлă кали кӳрсе килчĕ. Çĕрулмипе пахча çимĕçсене апат пама «За коммунизм», «Динамо», «Совет» тата «Молодая сила» колхозсем те минераллă удобренисем хатĕрленĕ.

**В. ПРОКОПЬЕВ,**
ялхуçалăх пайĕн аслă агрономĕ.

## Ирхи çĕртме тăваççĕ

ВАРМАР. (Хамăр корр.). Районти колхозсем ирхи çĕртме сухине партипе правительство кăтартнă срокра туса хăварма тăрăшаççĕ. Кăçал çак ĕçре МТС пысăк пулăшу парать.

Çураки планне тултарнă трактор бригадисем çĕртме тума тытăнчĕç. «Победа» колхозра Д. Иванов юлташ ертсе пыракан бригадăри Семеновпа Софронов трактористсем 50 гектар çĕртме тунă. Вĕсем икĕ сменăпа, сехет графикĕпе ĕçлеççĕ, кулленхи задание 120—130 процент тултараççĕ, горючи тата сĕрмелли çу чылай перекетлеççĕ.

И. Ланин коммунист ертсе пыракан трактор бригади çураки ĕçĕсен планне 132 процент тултарнă. Бригадăри механизаторсем, социализмлă ăмăртăва анлăн сарса, çĕртме тумалли плана июнĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарма тăрăшаççĕ.

«Гигант» колхозра Н. Александров юлташ ертсе пыракан трактор бригади те хĕрсех çĕртме тăвать.

## Каучуководсем хĕрӳллĕ ĕçре

ТĂВАЙ. Районти кок-сагыз акса тăвакан колхозниксем кăçал Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçлама тăрăшаççĕ. Халĕ кок-сагыз плантацисенче хĕрӳллĕ ĕç пырать. Каучуководсем социализмлă ăмăртăва анлăн сарса пыраççĕ. Молотов ячĕпе тăракан колхозри С. Васильев юлташ ертсе пыракан бригада членĕсем плантаци юртан тасалсанах кок-сагыз калчисене апат пачĕç. Иккĕмĕш сулхи плантацине пĕтĕмпех кĕлпе апат панă, сӳреленĕ. Ретсем хушшине вăхăтра кăпкалатнă, халĕ иккĕмĕш хут кăпкалатаççĕ. Çак кунсенче кок-сагыза аммиак селитри сапса параççĕ. Уйрăммăнах А. Сергеева, М. Никифорова, А. Ермолаева, А. Данилова, А. Дмитриева тата Г. Молькова колхозницăсем тăрăшса ĕçлеççĕ. Вĕсем хăйсене çирĕплетсе панă участоксене лайăх пăхаççĕ.

«Новый путь» колхоз председателĕ Краснов юлташ кок-сагыз тухăçлăхне ӳстерме лайăх майсем туса панă. Плантацинче 43 колхозник ĕçлеççĕ. Кунта ĕçлеме икĕ лаша уйăрнă. Ялхуçалăх машинисем те çителĕклĕ. Каучуководсен бригадине Ахтямов юлташ ертсе пырать. Бригада членĕсем хăйсене çирĕплетсе панă участоксенче кашни кун ĕçлеççĕ. Малтан вĕсем кок-сагыза суперфосфатпа апат пачĕç, вара сӳрелерĕç, икĕ хут кăпкалатрĕç, халĕ культиваци тăваççĕ. Иккĕмĕш сулхи кок-сагыза тислĕк шĕвекĕпе иккĕмĕш хут апат панă.

Сталин ячĕпе тăракан колхозри Игнатьев юлташ ертсе пыракан кок-сагыз бригади иртнĕ çул колхоза 140 пин тенкĕ ытла тупăш панă. Бригада членĕсем кăçал тата пысăкрах тупăш илме тăрăшаççĕ. Халĕ вĕсем плантацинчи çуркуннехи ĕçсене туса пĕтернĕ. Çавăн пекех Киров ячĕпе тăракан колхозри Иванова юлташ ертсе пыракан бригада членĕсем те кок-сагыз тухăçлăхне ӳстерес тесе агротехника правилисене куллен пурнăçласа пыраççĕ.

Районти каучуководсем, тухăçлă кок-сагыз туса илсе, Вăрмар районĕпе пуçарнă социализмлă ăмăртура мала тухма тăрăшаççĕ.

**А. НИКОЛАЕВ.**

## Йывăççене лайăх пăхса ӳстерер

Юлашки çулсенче республикăри колхозсем тата вăрман хуçалăхĕсем, çутçантарăка урăхлатса çĕнетмелли плана пурнăçласа, чылай пысăк ĕçсем туса иртерчĕç. Пусă чиккисенче, çавăн пекех хăйăрлă вырăнсенче йывăççем лартса вăрман тăрăхĕсем тăвас ĕç çулсеренех сарăлса пырать.

1952 çулта пирĕн республикăри районсен, пĕтĕмĕшпе илсен, 1.000 гектар йывăç лартмалла, халиччен лартнă вăрмансенче те йывăç хушса лартмалла, питомниксенче 45 гектар йывăç вăрри акса хăвармалла.

Плана срокчен тултарассишĕн кĕрешсе, уйрăм районсем çуркунне йывăççем нумай лартса хăварчĕç. Сăмахран, Калинино районĕ 32 гектар ытла йывăç лартса, çулталăкри плана 109 процент тултарчĕ, малтан лартнă вăрман тăрăхĕсене татах йывăç хушса лартма панă задание те район нумай иртерсе пурнăçларĕ.

Вăрман тăрăхĕсем тăвас енĕпе Комсомольски, Октябрьски, Чурачăк, Шăхасан, Пăрачкав тата Елчĕк районĕсем лайăх ĕçленине те палăртмалла.

Анчах вăрман тăрăхĕсем лартса тăвас тата вĕсене пăхса çитĕнтерес ĕçре пысăк ситменлĕхсем пур-ха. Хăшпĕр районсем çуркунне йывăççем пачах лартмарĕç. Ун пек районсен шутне чи малтан Хĕрлĕ Чутай, Первомайски, Советски районĕсене кĕртмелле. Ку районсенчи ялхуçалăх органĕсемпе колхоз председателĕсем колхозниксене йывăççем лартма организацилемерĕç, плана пурнăçлассишĕн кĕрешмерĕç. Ишлей, Сĕнтĕр, Йĕпреç, Муркаш районĕсенче те йывăççем лартма кирлĕ пек тăрăшни пулмарĕ.

Çуркунне йывăç лартмалли лайăх вăхăт иртсе кайрĕ. Халĕ ĕнтĕ кая юлнă районсен кĕркунне йывăç лартма тĕплĕн хатĕрленмелле.

Хальхи вăхăтра чи кирли малтанхи çулсенче тата кăçал лартнă йывăççене тĕплĕн пăхса ӳстересси пулать. Вĕсене, тырпула пăхса çитĕнтернĕ пекех, тăрăшса пăхмалла, ватса пĕтересрен хытă асăрханмалла, ретсем хушшине кăпкалатмалла, çумкурăксенчен тасатсах тăмалла. Уй хуралçисене вăрман тăрăхĕсене те сыхлама хушмалла.

Вăрман питомникĕсенче çамрăк йывăççем чылай ӳссе çитĕнеççĕ. Вĕсене кĕркунне лартма лайăх пăхса ӳстермелле.

## Вырăх апачĕшĕн кĕрешмеççĕ

СĔНТĔР. Район вырăх апачĕ тумалли культурăсем акмалли плана çултан-çул тултармасть. Кăçал та ку ĕç япăх пырать. Майăн 20-мĕшĕ тĕлне тымарçимĕçсем акмалли плана 40 процент, силос культурисем акмалли плана 50 процент кăна тултарнă.

Паянхи куна районти 31 колхозран тăххăрăшĕ вырăх апачĕ тумалли культурăсем акма пачах тытăнман. «Коммунизм», «Новая жизнь», «Гигант», «Прожектор», Каганович ячĕпе тăракан колхозсем иртнĕ çул та тымарçимĕçсемпе силос тумалли культурăсем акман. Çавна пулах асăннă артельсем вырăх апачĕ тĕлĕшĕнчен пысăк йывăрлăх тӳсрĕç. Колхоз руководителĕсен çакăнтан тивĕçлĕ вывод тумалла пулнă. Каганович ячĕпе тăракан колхозăн (председателĕ А. Касеев юлташ) вырăх апачĕ тумалли культурăсем 15 гектар акмалла, анчах кунта акма тăрăшмаççĕ.

Хăшпĕр колхозсен руководителĕсем плансене пĕчĕклетес çул çине тăнă. «Хлебороб» колхозăн кăçал тăватă гектар тымарçимĕç акмалла пулсан, правлени председателĕ В. Ершов юлташ, тымарçимĕçĕн ĕçĕ нумай тесе, ăна акма шутламасть. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ С. Орехов юлташ та вырăх апачĕ тумалли культурăсем акмалли плана тултарма тăрăшмасть.

Тăпрари нӳрĕ хăвăрт типсе пырать. Тымарçимĕçсене хăвăртрах акас пулать.

**Ф. МАЛЫШКИН.**

### *Колхозсенчен пĕлтереççĕ*

ЕТĔРНЕ. «Большевик» колхоз фермисенче ĕçлекенсем районта вырăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе малта пыракан Буденный ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн ĕç опычĕпе паллашрĕç.

Канашлу ĕçне дояркăсем, сурăх тата пăру пăхакансем активлăн хутшăнчĕç. Вĕсем, малта пыракансем пек ĕçлеме пулса, социализмлă обязательствăсем илчĕç.

**И. ВАСИЛЬЕВ.**

* * *

КӲКЕÇ. Хыркассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекен ачасем «Чăваш Коммуни» колхоз çĕрĕ çинчи çырмасене 1.800 тĕп хăва лартса пачĕç.

Шкул ачисем тымарçимĕç лартма та пулăшаççĕ.

**Е. СТОЛЯРОВ.**

# Совет Союзĕ тăрăх



Туркменири тĕп канала тăвакансене ученăйсем нумай пулăшаççĕ. СССР Наука академийĕ уйăрнă бригада каналăн çурçĕр енчи участокне сăнаса тухнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Сарыкамыш айлăмĕн кăнтăр-хĕвелтухăç пайĕнче. Малти вырăнта—Сталинла преми лауреачĕсем В. А. Ковда профессор (сулахайри) тата Б. А. Федорович бетон валли юрăхлă хăйăр шыраççĕ.

О. КУЗЬМИН фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Кĕскен

* Узбекистанри колхозсемпе совхозсем кăçал пухса кĕртекен тырра государствăна пама тытăннă. Хатĕрлев пункчĕсене чи малтан Кузарски районти (Кашка-Дарья облаçĕ) колхозсем тырă илсе пынă.

Узбекистанри хатĕрлев пункчĕсем пурте пекех çĕнĕ тырра йышăнма хатĕрленсе çитнĕ.

* Сталино облаçĕнчи колхозсем силос хывма хатĕрленеççĕ. Силос башнисене юсаççĕ тата траншейăсем чаваççĕ. Çак ĕçре колхозсене машина-тракторм станцийĕсем пысăк пулăшу параççĕ. (ТАСС).

## Коммунизмăн аслă стройкисенче

### Жигули

КУЙБЫШЕВ, майăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Куйбышев гидроузелĕ пулмалли районта Атăл шывĕ, хĕллехи вăхăтрипе танлаштарсан, 8 метра яхăн тулнă. Шывĕ вăйлă юхать, анчах гидроэлектростанци котлованĕ тавра тунă перемычка котлована шыв кĕме памасть. Хăйăрпа чул купаласа тата хурçă юпасемпе çирĕплетсе тунă перемычка сылтăм çыран патĕнчен пуçланса Атăл варринелле кĕрсе тăрать. Юхакан шыв ун çине пырса çапăнать те аяккалла пăрăнса каять. Котлована шыв пĕртте кĕмест. Халĕ строительсем перемычкăна çирĕплетес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

Атăл çыранĕнче электросварка аппарачĕсем ĕçлени илтĕнсе тăрать. Кунта монтажниксем металран тунă пысăк трубасем вырнаçтарса хураççĕ. Часах гидромеханизаторсем электростанци пулмалли вырăнти котлованран çĕр чавса кăларма тытăнаççĕ.

Вара çĕр чавмалли снарядсем Атăл тĕпĕнчен чавса кăларнă тăпра, шыв ярса ирĕлтернĕскер, трубопроводсем тăрăх кайса тăма тытăнать. Çак майпа котлованран 4,5 миллион кубометр тăпра чавса кăлараççĕ.

Атăлăн сулахай çыранĕнче гидромеханизаторсем анатри шлюз пулмалли вырăнта тата шыв юхса тăмалли плотина пулмалли вырăнта котловансем чавма тытăннă. Кунта çĕр чавмалли çичĕ снаряд илсе килнĕ. Вĕсем командисем задание иртерсе тултарассишĕн ăмăртса ĕçлеме йышăннă. Çĕр чавмалли 320 номерлĕ снаряд талăкра 5.500 кубометр çĕр чавса кăларать, ку вăл нормăран 1,5 хут ытларах пулать. Çĕр чавмалли 319 номерлĕ снаряд ĕнер 7.400 кубометр тăпра чавса кăларнă, задание икĕ хут иртерсе тултарнă.

Атăлăн икĕ çыранĕнче те строительсем бетон завочĕсем лартаççĕ.

### Каховка

ЗАПОРОЖЬЕ, майăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Днепрострой» коллективĕ Каховка гидроузелĕн тĕп сооруженийĕсене тума тытăннă. Строительство начальникĕ Андриянов юлташ ТАСС корреспонденчĕпе калаçнă чухне аслă стройкăра ĕç мĕнле пыни çинчен каласа панă.

— Строительсен хулинче—Çĕнĕ Каховкăра, тенĕ вăл, пурăнмалли çуртсем 30 пин тăваткал метр чухлĕ туса пĕтернĕ. Столовăйпа ача сачĕ валли çуртсем туса лартнă, шкул, çуллахи театр тата поликлиника çурчĕсене туса пĕтереççĕ.

Кривой Рогпа Каховка хушшинче туса лартнă пысăк вольтлă лини тăрăх строительствăна электроэнерги çителĕклĕ парса тăраççĕ. Федоровкăпа Каховка хушшинче тунă çĕнĕ чугун çул тăрăх виçĕ уйăх хушшинче вуннăр пин тонна материалсем, оборудовани тата механизмсем кӳрсе килнĕ. Днепр çинче тата Конка ятлă юханшыв çинче пăрахутсемпе баржăсем чарăнмалли вырăнсем тăваççĕ, унта грузсене пушатма механизмсем вырнаçтарса лартаççĕ. Строительство ĕçĕсене анлăн сарма никĕс туса хатĕрленĕ. Запорожьере механически заводпа хăма çуракан завод лартнă тата чул кăлармалли карьер тунă, Каховкăра механически завод, тимĕр-бетон япаласем тăвакан завод лартнă тата известь чулĕ кăлармалли карьер тунă. Каховкăра хăма çурмалли завод тата машинăсене юсамалли механически мастерской лартма тытăннă. Бетон хатĕрлекен предприятисем лартас тĕлĕшпе ĕçлеме пуçланă.

Каховка гидроузелне тунă çĕрте кăçалхи çул 4 миллион кубометр тăпра чавса кăлармалла. Халĕ гидроэлектростанци пулмалли вырăнта котлован чаваççĕ.



Украинăри наукăпа тĕпчев институчĕ çĕнĕ сортлă улма-çырла йывăççисем 200 ытла ĕрчетсе кăларнă. Ку йывăççене халĕ государство питомникĕсемпе колхозсен питомникĕсенче ӳстереççĕ. Институтра халĕ те çĕнĕ сортлă йывăççем ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: институтри селекционер Л. Т. Лисовенко садра ĕçлет.

В. ЮДИН фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Ĕнесем сĕт хушнă

Литва ССР-ĕнче «Тришкяй» ятлă совхоз пур. Совхозра кăçал ĕнесем сĕт пĕлтĕрхинчен нумайрах параççĕ. Иртнĕ çулта талăкра 15,5 килограмм ытла сĕт паракан ĕне пулман. Халĕ кашни ĕнерен вăтам шутпа талăкра 19,4 килограмм сĕт суса илеççĕ.

Çак çитĕнӳ ĕнесене лайăх пăхнипе тата лайăх тăрантарнипе пулнă.

Совхозăн ĕне витисенче автопоилкăсем лартнă, вырăх апачĕсене турама хатĕрлес ĕçе пĕтĕмпех механизацилене. (ТАСС).

# ВЛКСМ Чăваш обкомĕн улттăмĕш пленумĕ

ВЛКСМ Чăваш обкомĕн улттăмĕш пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум икĕ ыйту сÿтсе явнă.

Малтанхи ыйту тăрăх, «Комсомол организацийĕсем çамрăксем хушшинче физкультурăпа спорт ĕçне туса пырасси синчен», ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ В. Федорова юлташ доклад туса пачĕ.

— Коммунистсен партийĕ, Совет правительстви тата Сталин юлташ тимлĕн тăрăшнипе,—тет Федорова юлташ,—пирĕн çĕршывра физкультурăпа спорт ĕçне малалла аталантарма, коммунизм тăвакан çамрăксене хăюллă та паттăр çынсем туса ÿстерме кирлĕ условисене пурне те çителĕклĕ туса панă. Физкультурăпа спорт ĕçне малалла аталантарма Совет государстви кашни çулах нумай укçа уйăрса парать. Физкультура кадрĕсене те пирĕн çĕршывра йышлăн вĕрентсе хатĕрлеççĕ.

Физкультура ĕçне малалла аталантарасси çинчен ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ кăлартса панисене пурнăçласа, çамрăксене физкультурăпа спорт ĕçне йышлăн хутшăнтарас тĕлĕшпе комсомол организацийĕсем тăрăшса ĕçлеме пуçларĕç. Иртнĕ çулталăк хушшинче кăна республикăри физкультурниксен йышне çĕнĕрен 16.159 çын хутшăнчĕ. Çăмăл атлетика секцийĕсемпе хĕллехи спорт секцийĕсенче ĕçлекен çамрăксен йышĕ хальхи вăхăтра 229 пин çынран та иртет. Районсемпе хуласенчи тата республикăри спорт коллективĕсем ирттерекен тĕрлĕ мероприятисене çамрăксем кăçал 150 пин çын ытла хутшăннă.

Çамрăк спортсменсен ăсталăхĕ те юлашки çулсенче чылай ÿсрĕ. Комсомолец-спортсменсем Бикчурин, Игнатьев, Тютиков тата ытти чылай юлташсем республикăра пулса иртекен спорт ăмăртăвĕсене çеç мар, республика тулашĕнче пулса иртекен ăмăртусене те активлă хутшăнаççĕ.

«Колхозник» спорт обществи ĕçлеме пуçлани ялсенчи физкультура юхăмне анлăн сарса яма лайăх май туса пачĕ. Ялсенчи комсомол организацийĕсем физкультурăпа спорт ĕçне ертсе пырассине чылай лайăхлатрĕç.

ВЛКСМ Чкаловски райкомĕ районти комсомол активне физкультура коллективĕсен ĕçне лайăх йĕркелесе пыма вĕрентет, физкультурăпа спорт ыйтăвĕсене райком бюровĕпе пленумĕсенче тата районти комсомол активĕн пухăвĕсенче тăтăшах сÿтсе яваççĕ. Районта хальхи вăхăтра физкультура коллективĕсем 57, вĕсем комсомолецсемпе çамрăксене — пĕтĕмпе 4.264 çынна—пĕрлештерсе тăраççĕ. Иртнĕ пĕр çул хушшинче кăна ку районта 200 яхăн спортсмен-разрядниксем вĕрентсе хатĕрленĕ.

Жданов ячĕпе тăракан колхозра спортсмен-разрядниксем 67 çын. Колхозри комсомолецсем пурте спорт секцийĕсенче тăраççĕ. Колхозри физкультура коллективĕ ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулнă.

Федорова юлташ «Красная звезда», «Спартак», «Искра» тата «Урожай» спорт обществисем предприятисенчи çамрăк рабочисемпе служащисене спорт ĕçне хутшăнтарас тĕлĕшпе кăçал чылай ĕçсем туни çинчен тĕплĕн чарăнса тăрать.

— Çапах та,—тет Федорова юлташ малалла,—республикăри пысăк предприятисенче физкультурăпа спорт ĕçне йĕркелес тĕлĕшпе хальхи вăхăтра пысăк ситменлĕхсем пур-ха. Сăмахран, Улатăрти паравуссем юсакан заводра физкультурăпа спорт занятийĕсене пурĕ те темиçе çын çеç хутшăнаççĕ. Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри комсомол комитечĕ спорт ĕçĕпе сахал интересленет.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн VIII-мĕш пленумĕ йышăннă решенисене пурнăçласа, республикăри комсомол организацийĕсен çамрăк рабочисемпе служащисем хушшинчи физкультурăпа спорт ĕçне тĕпрен çĕнетсе лайăхлатмалла. Кашни канмалли кун предприятисенче спорт ăмăртăвĕсем, спартакиадăсем ирттермелле.

Федорова юлташ пленума çакăн çинчен асăрхаттарать: ВЛКСМ райкомĕсемпе хула комитечĕсем шкул ачисене спорт ĕçне хутшăнтарас тĕлĕшпе сахал интересленеççĕ.

ВЛКСМ обкомĕ тата унăн çарпа физкультура пайĕ, ВЛКСМ райкомĕсемпе хула комитечĕсем,—тет докладчик,—спортсменсемпе физкультурниксене политикăллă воспитани парас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Çакă вара пирĕн спортсменсене хăйсен ĕçĕнче питĕ нумай чăрмантарать. Сăмахран, дископа гранат ывăтас тĕлĕшпе республикăри арçын-физкультурниксем вунă çул хушши ĕнтĕ паллă ăнăçлăхсем тăваймаççĕ. Çавăн пекех хĕрарăм-физкультурниксем те шывра ишес тата велосипедпа чупас енĕпе юлса пыраççĕ. Хоккейла тата боксла выляс, йĕлтĕрпе тата конькипе ярăнас, йывăр япаласем йăтас, гимнастика тăвас тĕлĕшпе те пирĕн республикăри физкультурниксем юлса пыраççĕ.

Çуллахи спорт сезонĕ пуçланнăранпа вăхăт чылай иртрĕ пулин те, комсомол организацийĕсем физкультура кадрĕсене хатĕрлес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

*Малалла Федорова юлташ комсомол организацийĕсем Досаав* оргкомитечĕсене халиччен мĕнле. пулăшни тата çак ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе малашне мĕн тумалли çинчен каласа парать.

Физкультурăпа спорт ĕçне *лайăхлатас* тĕлĕшпе комсомол организацийĕсем умĕнче тăракан задачăсене,—тет докладчик юлашкинчен,—ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн VIII-мĕш пленумĕ йышăннă *постановленире лайăх кăтартса панă.* Пленум решенийĕсене пирĕн тимлĕн пурнăçламалла, массăллă физкультурăпа спорт ĕçне чăннипех çÿлĕ пусăма çĕклемелле.

Федорова юлташ докладĕ тăрăх пренире 15 çын тухса каларĕ.

ВЛКСМ Шупашкар хула комитечĕн *секретарĕ* **Серякова** *юлташ çакна палăртать: хулари спорт обществисем* хăйсен коллективĕсене пачах çителĕксĕр ертсе пыраççĕ, комсомол организацийĕсемпе тачă çыхăнса ĕçлемеççĕ.

ВЛКСМ Канаш хула комитечĕн секретарĕ **Ворончихина** юлташ халăх хушшинче физкультурăпа спорт ыйтăвĕсем тăрăх лекцисемпе докладсем тăтăшах ирттерес ĕçе вăйлатма кирли çинчен тĕплĕн чарăнса тăрать, Канашри учительски институтри комсомол организацийĕн ĕçне критиклет, институтри физически воспитани кафедрин ĕçĕнче пысăк ситменлĕхсем пуррине палăртать.

Çĕмĕрлери 1-мĕш номерлă ремесло училищинчи ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ **Дмитриев** юлташ ВЛКСМ обкомĕпе ВЛКСМ Çĕмĕрле райкомĕ çамрăксене спорт ĕçне хутшăнтарас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленине палăртать.

— Пирĕн хулари çамрăксем,—тет вăл,—Çĕмĕрлере шыв станцийĕ пуласси çинчен тахçантанпах ĕмĕтленсе пурăнаççĕ. Анчах ВЛКСМ райкомĕ çамрăксен çак ырă ĕмĕтне пурнăçламасть.

Улатăрти паравуссем юсакан заводри ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ **Комин** юлташ физкультура коллективĕсене малашне ытларах пулăшма кирлине палăртать. ВЛКСМ Етĕрне райкомĕн секретарĕ **Посыпкин** юлташ Етĕрнери педагогика училищинчи физкультура ĕçне вĕрентекен. уйрăмăн ĕçне критиклет.

* * *

Иккĕмĕш ыйту тăрăх, «Облаçри комсомол организацийĕн ÿсĕмĕ çинчен» ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ **М. Паскудин** юлташ доклад туса пачĕ.

Республикăри комсомол организацийĕсем идейăллă-воспитанилĕ тата организациллĕ ĕçĕн шайне чылай лайăхлатрĕç, хăйсен ретне çĕршер те пиншер çамрăксене члена илчĕç. 1951 çулта тата кăçалхи тăватă уйăх хушшинче комсомола 25 пин ытла çамрăка илнĕ. Малта пыракан çамрăксене комсомол ретне илес ĕçре комсомолецсен группisем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

— Юлашки вăхăтра, — тет докладчик,—республикăри комсомол организацийĕ çителĕксĕр ÿссе пыма пуçларĕ. Кăçалхи февраль уйăхĕнче комсомол ретне 2.390 çын, март уйăхĕнче 1.870 çын, апрельте вара 1.560 çын кăна кĕнĕ. Нумай комсомол организацийĕсем комсомол ретне шкул ачисене çеç илеççĕ. Фабрикăсемпе заводсенче тата колхозсенче малта пыракан çамрăксене комсомола сахал илеççĕ.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн кăçалхи апрель уйăхĕнче пулнă VIII-мĕш пленумĕ машинăсем тăвакан промышленносри комсомол организацийĕсем *предприятисен ĕçне начар хутшăннине, вĕсем комсомолецсемпе çамрăксен социализмлă ăмăртăвĕ çине кирлĕ пек пăхманнине тата политикăпа воспитани ĕçне, культурăллă-массăллă ĕçе, çарпа физкультура ĕçне* начар организацилениие палăртрĕ. Çакна ăна пирĕн республикăри комсомол организацийĕнчи тĕслĕхсем те *лайăх кăтартса* параççĕ. Канашри вагонсем юсакан заводри, Куславккари суртсем тăвакан заводри тата ытти предприятисенчи комсомол организацийĕсем юлашки вăхăтра çамрăксен социализмлă ăмăртăвне çителĕксĕр ертсе пыраççĕ, техникăна вĕренес тата наукăпа техникăри çĕнĕ пĕлÿсене пропагандăлас тĕлĕшпе кирлĕ пек ĕçлемеççĕ.

*Республикăри комсомол организацийĕ* комсомол ретне ялхуçалăхĕнче малта пыракан çамрăксене те питĕ сахал илет. Нумай ВЛКСМ райкомĕсем тата вĕсен *секретарĕсем комсомол йышне ÿстерес ĕç* çине кампанилле ĕç çине пăхнă пек пăхаççĕ. 1951 çулта тата кăçалхи тăватă уйăх хушшинче *комсомол ретне пирĕн* республикăра пурĕ те 4.933 çамрăк колхозника кăна илнĕ. Колхоз çамрăкĕсене комсомол ретне илес тĕлĕшпе Сĕнтĕрвăрри, Тăвай, Улатăр, Ишлей, Чкаловски, Вăрмар районĕсенчи комсомол организацийĕсем уйрăмах япăх ĕçлеççĕ.

Республикăри комсомол организацийĕсенче шкулта вĕренекен çамрăксене комсомола илес тĕлĕшпе те ĕç кирлĕ пек пулса пымасть-ха.

Малалла Паскудин юлташ комсомола çĕнĕрен илнĕ çамрăксене воспитани парасси çителĕксĕррине палăртать. Ку тĕлĕшпе уйрăмах ВЛКСМ Элĕкпе Вăрнар райкомĕсене хытă критиклет. Асăннă районсенчи комсомол организацийĕсенче комсомола тин çеç кĕнĕ çамрăксене воспитани парас ĕç çине питĕ çиелтен пăхаççĕ.

Республикăри комсомол организацийĕнчи паха задачи вăл,—тет Паскудин юлташ юлашкинчен,—çамрăксен массипе тачă çыхăнса ĕçлессине малашне те тимлĕн çирĕплетсе пырасси, политикăпа воспитани ĕçне вăйлатасси, малта пыракан çамрăксене ВЛКСМ ретне активлăн илесси пулать. Çамрăксене комсомола илес ĕçе ертсе пырассине пур майсемпе те лайăхлатмалла.

Комсомол организацийĕсен ВЛКСМ ретне пысăк профессиллĕ рабочисене, производствăри стахановецсене, çамрăк инженерсемпе техниксене, вăйлă тырпул мастерĕсене, выльăх-чĕрлĕх пăхакансене, трактористсемпе комбайнерсене ытларах илмелле.

Паскудин юлташ докладĕ тăрăх прениre пĕтĕмпе 9 çын тухса каласрĕ.

Сÿтсе явнă ыйтусем тăрăх пленум тивĕçлĕ решенисем йышăнчĕ.

# Хамăр республика тăрăх



Канашри «Красный воин» артелĕн хор коллективĕ юрланине хулари ĕçсыннисем час-часах радио тăрăх итлеççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: хор коллективĕ хулари радиоузел студийĕнче. Сылтăмра—хор руководителĕ А. Семенов юлташ.

С. ТРОФИМОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Çеçпĕл Мишши вилнĕренпе 30 çул тултарас умĕн

Кăçалхи июнĕн 15-мĕшĕнче чăваш совет поэзийĕн никĕсне хывнă Çеçпĕл Мишши вилнĕренпе 30 çул тултарать. Республикăри ĕççыннисем çак куна паллă тума хатĕрленеççĕ.

Юбилей ирттерме чăваш совет писателĕсен союзĕн правленийĕ ятарласа комисси тунă. Унта Л. Агаков (комисси председателĕ), П. Хусанкай, Я. Ухсай, А. Алка, М. Сироткин тата А. Ĕçхĕл юлташсене кĕртнĕ.

Çак кунсенче комисси ларăвĕ пулнă. Комисси Çеçпĕл Мишши творчествине пур майсемпе те пропагандăлама кирлине, поэт вилнĕренпе 30 çул тултарнине анлăн паллă тума кирлине палăртнă. Республикăра тата районсенче тухса тăракан хаçатсенче Çеçпĕл Мишши творчествипе пурнăçĕ çинчен çырнă статьясем, асаилÿсем пичетлеççĕ. Çитес кунсенче писательсен пĕр ушкăнĕ районсене тухса каять. Вĕсем чăваш халăхĕн мухтавлă ывăлĕ Çеçпĕл Мишши çинчен лекцисемпе докладсем туса параççĕ.

*Июнĕн 14-мĕшĕнче Шупашкарта Çеçпĕл Мишши вилнĕренпе 30 çул тултарнă ятпа* вечер пулать.

Поэтăн чи лайăх сăввисене радио тăрăх вырăсла тата чăвашла вуласа параççĕ. *Библиотекăсенче, вулав çуртĕсенче* поэт пурнăçĕпе творчествине кăтартакан выставкăсем тăваççĕ.

## Çеçпĕл Мишшине чысласа

Çеçпĕл Мишши вилнĕренпе 30 çул тултарнине Украина общественноçĕ чыслăн паллă тума хатĕрленет. Юбилей ирттерме ятарласа комисси тунă. Комисси председателĕ—Сталинла преми лауреачĕ Андрей Малышко поэт.

Украинăри совет писателĕсен союзĕн издательстви Çеçпĕл Мишши сăввисене украинла куçарса кĕнеке кăларать. Чăвашсен çулăмлă поэчĕн сăввисене Украинăри паллă поэтсем — П. Тычина, М. Рыльский, М. Бажан, С. Скляренко, А. Малышко, Л. Дмитренко, О. Новицкий тата ыттисем те куçарнă.

Киев тата Остер хулисенче (Çеçпĕл Мишши юлашки вăхăтра пурăннă çĕрте) поэтăн бронзăран тунă обелискĕсене лартаççĕ.

Ю. НАЗАРЕНКО.

Киев хули.

## Пĕрлешсе пысăкланнă колхозра

ШАМĂРША. Карапай Шăмăршăри Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз республикăри малта пыракан, пуян та культурăллă колхозсенчен пĕри шутланать. Унта кашни киле, обществăллă çуртсене электричествăпа радио кĕртнĕ. Колхозра пысăк клуб, пуян библиотека пур. Клубра эрнере икĕ хутчен çĕнĕ кинокартинăсем кăтартаççĕ, художествăллă пултарулăх коллективĕсем концертсем параççĕ. Ялти пысăк магазин, сичĕ çул вĕренмелли шкул, медицина пункчĕ тата ытти учрежденисем те пур.

Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем пуян та культурăллă пурăнаççĕ. Кашни киле тенĕ пекех хаçат-журнал килсе тăрать. Агротехника правилисене тĕрĕс пурнăçласа, колхоз тырпул тухăçне çултан-çул ÿстерсе пырать. Кунта кашни ĕçкунĕ çине 2 килограмран кая тĕштырă валеçни пулман. Нумай колхозниксем 100—120-шер пăт тĕштырă илнĕ.

Колхозăн хăйĕн икĕ автомашина пур. Чылай ĕçсене электричество вăйĕпе тăваççĕ.

Карапай Шăмăршă ялĕ вăрман çывăхĕнчи илемлĕ вырăнта. Сывăхри юханшыва пĕвеленĕ. Пĕвере пулă ĕрчетеççĕ. Кунтах колхозăн хур-кăвакалĕсем ишсе çÿреççĕ. Шыв арманĕнче иртен пуçласа каçчен тырă авăртаççĕ. Юханшыв икĕ енĕпе 100 гектар ытла çаран.

Каçхине колхоз ялĕн урамĕсем хула урамĕ пекех илемлĕн курăнаççĕ. Электричество лампиcем çутатни, колхоз çамрăкĕсен хаваслă юрри, хуткупăс сасси ял сăнне татах илемлетет.

Н. МИХАЙЛОВ.

*

## Вăрман ÿсет

Канаш вăрман хуçалăхĕн Сиявасси лесничестви кăçал 180 гектар çине çамрăк йывăççем лартнă. Пурĕ 515 пин юман лартса хăварнă. Юман лартас тĕлĕшпе уйрăмах Кузьминпа Емельянов объезчиксем, Котяковпа Васильев лесниксем тăрăшса ĕçленĕ. Вĕсем юмансене лайăх сухаласа çемçетнĕ тăпра çине лартса хăварнă.

— Ытла илес ыйлĕ çĕрĕн чухтĕ юман?—ыйтрăмăр эпир Павлов лесничирен.

— Хамăр лартса ÿстернĕ. Иртнĕ çул пилĕк тонна йĕкел пухса Лысенко академик вĕрентнĕ пек питомниксене акрăмăр. Йĕкелсем лайăх шăтса тухрĕç. Кăçал вĕсене куçарса лартрăмăр,—терĕ вăл.

Йывăç лартса ÿстересси тырпул акса ÿстернипе пĕрех. Йывăçсене кĕске срокра лартасси ĕçе тĕрĕс йĕркеленинчен килет. Бригадăсем организациленни ĕç тухăçлăхне *ÿстерме пулăшать.* Кăçал йывăç лартас ĕçре Тăвай районĕнчи «Победа» колхоз правленийĕ нумай пулăшнă. Çирĕм çынран тăракан бригада 13 гектар çине çамрăк юмансем лартса хăварнă.

Лесничество коллективĕ лартнă йывăççене лайăх пăхса ÿстерет.

*Лесничество çитес çул валли йывăç* вăррисем чылай акса хăварнă.

И. КУЗЬМИН.

## *Хулана илемлетеççĕ*

ÇĔМĔРЛЕ. Кăçал хулана йĕркелесе *илемлетес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса* ирттереççĕ.

Тĕп урамри çула вак чул сарса якатаççĕ. Çак ĕçе хăвăртрах туса пĕтерес *тесе, «Комбайндеталь»* заводри рабочисемпе работницăсем тата инженерсемпе техниксем воскресниксем ирттерме чĕнчĕç. *Завод коллективĕ* чĕнсе каланине хула халăхĕ хапăл туса йышăнчĕ. Майăн 11-мĕшĕнчен пуçласа кунта кашни вырсарникун воскресниксем ирттереççĕ. *Унта кашнинчех çĕршер çын хутшăнать.*

*Майăн 18-мĕшĕнче уйрăмах «Комбайндеталь»* завод, больница, сăкăр комбиначĕ, ремесла училищи, промкомбинат, Ширшов ячĕпе тăракан артель тата ытти предприятисемпе учрежденисен коллективĕсем лайăх ĕçлерĕç.

Хулана йĕркелесе илемлетес тĕлĕшпе çитес кунсенче тата темиçе воскресник ирттерме палăртнă.

И. ПОДКЛЕТНОВ.

## *Ялти клубра*

МУРКАШ. Кашмаш ялĕнчи клуб—колхозниксен юратнă вырăнĕ. Клубра час-часах лекцисемпе докладсем тата каласусем ирттереççĕ. Комсомолецсем тăрăшнипе клуб сумĕнче хор, драма, музыка тата физкультура кружокĕсем ĕçлеççĕ.

Физкультура кружокĕнче 90 çамрăк тăрать. Волейбол команди пур. Халĕ спорт площадки тăваççĕ.

Клубри библиотекăн кĕнеке фончĕ ÿссех пырать. Иртнĕ çулта 1.490 тенкĕлĕх кĕнеке туяннă. Кăçалхи виçĕ уйăх хушшинче 246 çын ытла кĕнеке илсе вуланă. Библиотекăра час-часах вулакансен конференцийĕсем пулса иртеççĕ.

Г. ЯРИКОВ.

## Шкул валли çĕнĕ çурт

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Мăн Шетмĕри сичĕ çул вĕренмелли шкул валли çĕнĕ çурт туса пĕтерчĕç. Вĕренекенсем çурт тавра 300 яхăн тĕрлĕрен йывăççем лартса хăварнă. Халĕ кунта çитес вĕренÿ çулне тăрăшса хатĕрленеççĕ.

Г. ЗАХАРОВ.

# Социализм çĕршывĕн культури

Совет влаçĕн çулĕсенче пирĕн çĕршывра культурăллă питĕ пысăк революци пулса иртрĕ. Миллионшар çынсем хут пĕлменнине тахçанах пĕтернĕ ĕнтĕ, ачасене пурне те пуçламăш шкулта вĕрентес ĕçе тахçанах пурнăçланă. Ачасене пурне те пуçламăш шкулта вĕрентнине Сталин юлташ культурăллă революци тăвас ĕçри татăклă утăм пулать тесе хакларĕ. Пирĕн çĕршыв 1949 çултан пуçласа пурне те обязательнăй йĕркепе сичĕ çул вĕрентмелли плана ăнăçлă пурнăçласа пырать, вунă çул вĕрентес ĕçе пур майсемпе те малалла аталантарать.

Вăрçă хыççăнхи пĕрремĕш пилĕкçуллăхра совет халăхĕ вăрçă кÿнĕ суранcене хăвăрт юсаса çитерчĕ, шкулсен тата вĕсенче вĕренекенсен шутне малалла ÿстерсе пычĕ. Пилĕк çул хушшинче пуçламăш, сичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсенче, техникумсенче тата вăтам пĕлÿ паракан ытти шкулсенче вĕренекенсен шучĕ 8 миллион çын чухлĕ ÿснĕ, 1950 çулта вара пурĕ 37 миллион çын вĕреннĕ.

1951 çулта халăха вĕрентес ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тунă. Сичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсен хисепĕ пĕр çулталăк хушшинче 5 пине яхăн ÿснĕ. Сичĕ çул вĕренмелли шкулсемпе вăтам шкулсен 5—10-мĕш класĕсенче вĕренекенсен шучĕ 2,5 миллион çын чухлĕ ÿснĕ.

Çавăнпа пĕрлех совет шкулĕсен ĕçĕ пахалăх енчен те лайăхланса пырать. Пирĕн Тăван çĕршывăн çамрăк ăрăвĕ тарăн та çирĕп пĕлÿсем илет, Ленин—Сталин партийĕн идейисене чĕререн парăнса ĕçлеме вĕренет.

ССР Союзĕнче ачасем çеç мар, çитĕннисем те вĕренсе пыраççĕ. Тĕрлĕ курссенче, шкулсенче, техникумсенче, институтсенче хулапа ял ĕçченĕсем миллионшарăн вĕренеççĕ. Центральнăй Статистика Управленийĕ пĕлтернĕ тăрăх, пĕлтĕр пирĕн çĕршывра çитĕннисемпе çамрăксем пурĕ 57 миллион çын вĕреннĕ.

Партипе правительство совет культурине аталантарассишĕн тимлĕн тăрăшни государство социальнăй тата культурăллă ĕçсем валли укçа-тенкĕ питĕ нумай уйăрса панинчен лайăх курăнать. Вăрçă хыççăнхи пĕрремĕш пилĕкçуллăхра çав ĕçсем валли СССР государство бюджетĕнчен 524,5 миллиард тенкĕ, вăл шутран халăха вĕрентес ĕç валли 258,9 миллиард тенкĕ уйăрса панă. Государствăн 1952 çулхи бюджечĕ тăрăх, халăха сутта кăларас ĕç валли 60 миллиард тенкĕ уйăрнă.

Культурăна, халăха вĕрентес ĕçе аталантарма пирĕн социализмлă государствăри пек лайăх условисем туса пани тĕнчери урăх нихăш çĕршывра та çук тата пулма та пултараймасть.

Капитализм культури ытларах та ытларах çĕрсе, пăнтăхса пырать. Унăн тĕллевĕ—ĕççыннисен массисене улталасси, суйса вĕсен ăс-тăнне пăтраштарасси пулса тăрать.

Буржуаллă культура çĕрсе пынине США-ра халăха вĕрентес ĕç пысăк йывăрлăха кĕрсе ÿкни те лайăх кăтартса парать.

Америка правительстви çĕнĕ вăрçа хатĕрленме, хĕçпăшалсене васкасах ÿстерме бюджетри укçа-тенкĕн 80 процентне ытла, çав вăхăтрах сутта кăларас ĕç валли—пĕр процентран та каярах расходлать. Çавăнпа та США-ра хут пĕлменнисем 20 миллион çын шутланнинчен, унта çуллен 6 миллион ача вĕренмесĕр юлнинчен нимĕн те тĕлĕнмелли çук.

«Нью-Йорк таймс» хаçат çырнă тăрăх, Америкăри шкулсем, уйрăмах ялти шкулсем, çĕршыв историйĕнче халиччен пулман япăх условисенче ĕçлеççĕ. «Ялти шкулсене çÿрекен нумай ачасем,— тесе çырать хаçат,—ищĕлме пуçланă çуртсенче, гаражсенче, складсенче, сарайсенче, чиркÿ подвалĕсенче тата выльăх усрамалли çуртсенче вĕренеççĕ».

«Маршалл планне» йышăннине пула Уолл-стрит хуçисен чуралăхне кĕрсе ÿкнĕ Европăри çĕршывсенче те халăха вĕрентес ĕç çавăн пек пысăк йывăрлăх тÿсет. Сăмахран, Англире çĕнĕ шкулсем тума пачах чарăннă темелле, халĕ ĕçлекен шкулсенчен 80 процентĕ ачасене вĕрентме юрăхлă мар. Çĕршер шкул çуртĕсене, вĕсем ишĕлсе анас патне çитнĕ пирки, «хура списока» кĕртнĕ.

Францире те шкулсем питĕ мĕскĕне тăрса юлнă. Унта шкулсене тытса усрама укçа-тенкĕ çав тери сахал параççĕ, Вьетнамри империализмлă вăрçă валли вара питех те нумай укçа расходлаççĕ. Çав вăрçă валли кашни кун расходлакан укçа-тенкĕ çĕнĕрен 100 шкул ытла туса лартма çитмелле.

Колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенче халăха вĕрентес ĕçе питех те япăх туса пыни каламасăрах паллă. Çав çĕршывсенчи 500 миллион ачаран 480 миллион ача шкулсенче вĕренме май тупаймаççĕ.

Капитализмлă çĕршывсенче миллионшар ачасен вĕренме май çук. Анчах ку кăна мар-ха, вĕсен шкулĕсенче вĕрентÿ ĕçĕн характерĕ те ниме юрăхсăр. Вĕсенче империалистла пропагандăна сараççĕ, ачасене ултава тата тĕшмĕше ĕненме вĕрентеççĕ.

Сăмахран, Америкăри Йĕрлешÿллĕ Штатсенче шкулсем ытларах та ытларах вăрçă шухăшне сармалли вырăн пулса тăраççĕ. Çак çĕршывра вăрçă пропагандине иртĕхсех сараççĕ, ют çĕршывсене тытса илес политикăна мухтаççĕ, расизмла шухăшсене сарнине ырлаççĕ.

Пирĕн совет шкулĕнче вĕрентÿ ĕçне пачах урăх тĕллеве пăхăнтарса пыраççĕ. Совет шкулĕнче ачасене мораль тĕлĕшĕнчен çÿлĕ шайра тăма вĕрентеççĕ тата вĕсене чăн-чăн наука пĕлĕвĕсене параççĕ. Пирĕн вĕрентÿпе воспитани ĕçĕн пĕтĕм системи вĕреннĕ çынсем, коммунизм обществин ăнланулă строителĕсем хатĕрлес тĕллеве пăхăнса тăрать.

* * *

Социализмлă культура чечекленсе пыни специалистсем вĕрентсе хатĕрлесси çултан-çул ÿссе пынинчен те уççăн курăнать.

Партипе правительство аслă шкулсен ĕçне лайăхлатма, кадрсене аслă шкулсенче вĕрентсе хатĕрлес ĕçе хисепĕ енчен те, пахалăх енчен те малалла хăвăрт аталанса пыракан халăх хуçалăхĕн ыйтăвĕсене тивĕçтермелле тума нумай вăй тата укçа-тенкĕ хывреç. Çав майпа СССР Союзĕнче кĕске вăхăтрах совет интеллигенцийĕн нумай йышлă кадрĕсене вĕрентсе хатĕрленĕ.

Сталин юлташ партин XVIII-мĕш съездĕнче тунă хăйĕн историллĕ докладĕнче çапла каларĕ: çав çĕнĕ, социализмлă, халăх интеллигенцийĕ ÿссе çитĕнни пирĕн çĕршывра культурăллă революцин чи паха результачĕсенчен пĕри пулса тăрать.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче аслă шкулсемпе вăтам шкулсенче специалистсем вĕрентсе хатĕрлесси вăрçăччен хинчен те анлăрах сарăлса кайрĕ. Аслă шкулсен шучĕ чылай ÿсрĕ. Кишиневра, Сталинабадра, Ашхабадра, Фрунзе хулинче тата Ужгородра университетсем уçнă. Çĕршывăн тĕрлĕ районĕсенче вуншар çĕнĕ техникумсем, педагогикăпа медицина институчĕсем ĕçлеме пуçларĕç.

Халĕ ССР Союзĕнче аслă шкулсем пурĕ 887, вĕсенче кăçал 1.416 пин студент вĕренмелле. Техникумсем тата специальность паракан ытти вăтам шкулсем—3.543, вĕсенче пурĕ (заочно вĕренекенсемпе пĕрле) 1.441 пин çын вĕренмелле.

Аслă шкулсемпе техникумсенчен çамрăк специалистсем çултан-çул ытларах вĕренсе тухаççĕ. Вăрçă хыççăнхи пилĕкçуллăхра пирĕн çĕршывра аслă шкулсенчен 652 пин специалист, специальность паракан вăтам шкулсенчен 1.278 пин çын вĕренсе тухнă.

1951 çулта аслă шкулсемпе техникумсенчен тата 463 пин специалист вĕренсе тухнă. Çакă вăл пĕлтĕр Европăри мĕнпур капитализмлă çĕршывсенче вĕренсе тухнă специалистсен шутĕнчен чылай ытларах пулать. 1951 çулта СССР халăх хуçалăхĕнче ĕçлекен аслă тата вăтам пĕлÿ илнĕ мĕнпур специалистсен хисепĕ 5 миллион çынтан иртнĕ.

Совет Союзĕнчи аслă шкулсем вăрçă хыççăнхи çулсенче специалистсем вĕрентсе хатĕрлес ĕçĕн пахалăхне ÿстерес тĕлĕшпе чылай çитĕнÿсем турĕç. Çав çитĕнÿсене тума, пуринчен малтан, ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ идеологи ыйтăвĕсем çинчен йышăннă историллĕ решенисем, наукăн чи кирлĕ ыйтăвĕсем тăрăх творчествăллă дискуссисем туса ирттерни тата уйрăмах Сталин юлташăн «Марксизм тата чĕлхе вĕрентĕвĕн ыйтăвĕсем» ятлă генилле ĕçĕ пулăшрĕç.

Аслă шкулсем тăвас ĕç пĕтĕм çĕршывра анлăн сарăлчĕ. Анчах чи пысăк, чи чаплă сооружени вăл—Сталин юлташ хушнипе тăвакан Мускаври М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан государство университечĕн çÿлĕ çурчĕ, наукăсен çав питĕ пысăк керменĕ пулать. Çак çурта сывăх вăхăтрах туса пĕтереççĕ.

Хальхи вăхăтра студентсен теориллĕ пĕлĕвĕсене ытларах ÿстерес, наукăпа тĕпчев ĕçĕсене аталантарас тĕлĕшпе туса ирттерекен ĕçсем те аслă шкулсенче вĕрентÿ пахалăхне малалла ÿстерсе пыма пулăшĕç. Анчах та аслă шкулсенче ĕçлекенсем обществăллă наукăсене вĕрентес, пирĕн кадрсене идеологи енчен тĕрĕс вĕрентсе хатĕрлес тата политика тĕлĕшĕнчен пиçĕхтерес ĕçе вăйлатассине тĕп вырăна хураççĕ тата малашне те тĕп вырăна хурĕç.

«...Наукăн пĕр отрасли пур,—тесе вĕрентет Сталин юлташ,—вăл отраслĕне пĕлни наукăн пур отраслĕсенчи большевиксемшĕн те обязательно пулма тивĕç,—çакă вăл марксистла-ленинла наука, общество çинчен, общество аталанăвĕн законĕсем çинчен, пролетариллĕ революци аталанăвĕн законĕсем çинчен, социализм строительстви аталанăвĕн законĕсем çинчен, коммунизм çĕнтерĕвĕ çинчен вĕрентекен наука» (И. В. Сталин. Ленинизм ыйтăвĕсем, 11-мĕш издани, 598 стр.).

Аслă шкулсем вăрçă хыççăнхи çулсенче тунă ĕçсен итогне палăртнă май, эпир савăнсах çапла калама пултаратпăр: партипе правительство тата Сталин юлташ тăрăшнипе ССР Союзĕнче аслă шкулсенче вĕренес ĕç малалла хăватлăн ÿссе пырать, пирĕн Тăван çĕршыв çамрăк совет интеллигенцийĕн йышлă çĕнĕ кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлес ĕçре чаплă çитĕнÿсем турĕ.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче капитализмлă çĕршывсенчи, пуринчен малтан империализмлă чи пысăк çĕршыври—Америкăри аслă шкулсен ĕçĕ пачах урăхла çулпа пырать. США-ри пурнăçăн мĕнпур облаçĕсенче реакци урса кайсах иртĕхни, малта пыракан мĕнпур демократиллĕ элементсене тискеррĕн хĕсĕрлени, Америка монополисчĕсем васкасах тĕнчен

# Паха ĕçĕн пуçламăшĕ

Куславкка районĕнче тăватă больница, виçĕ амбулатори, пĕр поликлиника, тăхăр фельдшерпа акушер пункчĕ, 25 медпункт, сивĕ чирпе кĕрешекен станци, санитарипе эпидемиологи станци, ача çуратмалли çуртсемпе ача яслисем пур. Вĕсенче 23 врач, медицинăн вăтам персоналĕ 143 çын ĕçлет. Халăх сывлăхне упрама район бюджетĕнчен укçа-тенкĕ уйăрса парасси çултан-çул ӳссе пырать.

Ĕçсыннисен сывлăхне сыхлама партипе правительство туса панă условисемпе районта мĕнле усă курассĕ-ха? Медицина учрежденийĕсем мĕнле ĕçлессĕ? Райсовет исполкомĕн сывлăх пайĕ вĕсен ĕçне мĕнле ертсе пырать?

Иртнĕ çулта сывлăх ĕçĕ валли бюджетран уйăрса панă 2.740 пин тенкĕ укçапа пĕтĕмпех вырăнлă усă курнă. Вăл шутран Сала больницине юсама 100 пин тенкĕ, Карач больницине юсама 27 пин тенкĕ расходланă. Планпа пăхнă юсав ĕçĕсене медицина учрежденийĕсенче пуринче те йĕркеллĕ туса ирттернĕ.

Юлашки çулталăк хушшинче халăх сывлăхне упрас ĕçпе çыхăннă ыйтусене парти райкомĕн бюровĕнче ултă хут сӳтсе явнă, районта трахомăна пĕтерес ĕç мĕнле пыни çинчен сывлăх пай заведующийĕн отчетне итленĕ. Çав ыйтупах тата ĕçсынни депутачĕсен район Совечĕн сессине ирттернĕ; райисполком ларăвĕнче Кармăш, Минкĕш, Мушар тата Эльменкасси ял Совечĕсен отчечĕсене итленĕ.

Врачсен юлашки канашлăвĕсенче больницăсен çулталăкри отчечĕсене тишкĕрсе тухнă, малта пыракансен паха опычĕпе паллашнă. Халăха онкологи енĕпе пулăшу парас ыйтупа районти канашлура И. Виноградов хирург доклад туса панă.

Медицина учрежденийĕсен çулталăкри отчечĕсенчен районта çынсем чирлесси çултан-çул чакса пыни курăнать.

Юлашки çулсенче врачсен пĕлĕвне ӳстермелли курссенчен 10 çын вĕрексе килнĕ. Сывлăх пайĕ çак кирлĕ ĕçе вырăнта та туса пырать. Кунта врачсен научнăй конференцийĕсене, акушеркăсемпе трахсестрасен семинарĕсене ирттересси йăлана кĕнĕ. Врачсен апрельте пулнă конференцийĕнче трахомăна эмеллемелли çĕнĕ меслетсем çинчен; ачасене ӳпке шыççинчен, шĕвĕрĕлченсемпе чирленинчен мĕнле сыватмалли çинчен докладсем итленĕ. Акушеркăсемпе трахсестрасен уйăхсерен пулакан семинарĕсене Сала больницинче ĕçлекен А. Халфина З. Ненахова врачсем ертсе пыраççĕ. Куславкка больницинче вырăссен аслă физиологĕн И. П. Павловăн ĕçĕсене вĕренмелли кружок организациленĕ. Кружокăн иртнĕ занятийĕнче Н. Лысякова врач «И. П. Павлов вĕрентĕвĕ тата практикăллă медицина» тема тăрăх доклад туса панă.

*Медицина работникĕсен кулленхи ĕçĕн тепĕр енĕ вăл—халăх хушшинче санитари пропагандине сарни.* Иртнĕ çулта районти врачсем рабочисемпе колхозниксем валли медицинăн чи кирлĕ ыйтăвĕсем тăрăх 185 доклад туса панă.

Медицина учрежденийĕсен пурнăçĕпе ĕçĕнче район больници пысăк вырăн йышăнать.

Больница сывмар çынсене пур енĕпе те квалификациллĕ пулăшу паракан клиника евĕрлĕ пулса тăрать. Кунта хирурги, ӳт-тир, ăшчик, куç чирĕсен, хĕрарăм чирĕсен тата сиккен чирсен отделенийĕсем пур; ача çуратмалли пӳлĕм, лаборатори, электричество çуттипе сыватмалли кабинет, рентген кабинечĕ ĕçлет. Çитес вăхăтра ăшчик чирĕсенчен сыватмалли уйрăм рентген аппарачĕ вырнаçтарса лартаççĕ.

Сала больници районти медицина службине йĕркелесе ертсе пыракан чăн-чăн центр пулса тăнă. Кунти специалистсем ялти больницăсен, фельдшерпа акушер пункчĕсен ĕçне тивĕçлипе ертсе пыраççĕ, вĕсен ыйтăвĕсемпе нушисене пĕлсе тăраççĕ, вĕсене вăхăтра пулăшу параççĕ. Пысăк квалификациллĕ И. Виноградов хирург, ялсенчи сывлăх учрежденийĕсенче тăтăшах пулса, врачсемпе медицинăн ытти работникĕсене усăллă кăтартусем парать. Врач-терапевт З. Филонова юлташ, Карач больницин ĕçне тĕрĕслесе, унти чылай çитменлĕхсене пĕтерме пулăшнă.

Сывлăх пайĕпе Сала больницин коллективĕ тăтăшах пулăшса пынине пула медицина учрежденийĕсенче ĕçсем лайăххăнни палăрать. Куславкка больницинче, Украинăри Макаровски больницăн опытне йышăнса, сывмар выртакан çынсене кирлĕ пек лăпкăлăх туса пама тăрăшаççĕ.

Районти сывлăх пайĕпе медицина учрежденийĕсем хăйсен мĕнпур ĕçне *предприятисемпе колхозсен производство интересĕсене* пăхăнтарса туса пыраççĕ. Сурхи ака-суха ĕçĕсене ăнăçлă ирттерме ял ĕçченĕсемпе *пĕрлех медицина работникĕсем* те активлă хатĕрленеççĕ. Сывлăх пайĕ çураки вăхăтĕнче колхозниксемпе механизаторсене медицина енĕпе пулăшу парас тĕлĕшпе тимлĕ ĕçлет. Уйхирте ĕçлекенсене васкавлă пулăшу панисĕр пуçне, ăнсăртран аманасран сыхланас ыйтусемпе калаçусем ирттерет.

Ялхуçалăх травматизмĕпе кĕрешме райсовет исполкомĕ сумĕнче ятарласа комисси тунă. Комисси ĕçĕн тĕллевĕ—колхозниксемпе механизаторсем ăнсăртран аманнисен сăлтавне тĕпчесе пĕлесси тата çавăн пек инкексенчен сыхланмалли мерăсене палăртасси.

Чудновски районти (Украина ССР-ĕ) медицина работникĕсен паха пуçарăвне йышăнса, Сала больницинчи врачсем ялти çынсене диспансеризацилеме тытăнаççĕ. Малтанласа, май-июнь уйăхĕсенче, тăватă ял Советĕнчи—Тĕмшер, Варасăр, Аманик тата Минкĕш ял Совечĕсенчи—колхозниксен сывлăхĕсене тĕрĕслесе тухса чирлисене эмеллеме тытăнаççĕ.

Куславкка районĕнчи сывлăх пайĕпе медицина учрежденийĕсен халăх сывлăхĕшĕн тăрăшас ĕçре лайăх опытпа паха пуçарусем пур. Районти ĕçсыннисем медицина работникĕсен пархатарлă ĕçĕ малалла саралса пырассине, пуçарнă ĕçе вĕçне çитерессине шанса тăраççĕ.

**Т. ИВАНОВ,**
**(«Коммунизм ялавĕ» корр.).**

*Лайăх çул-йĕрсемшĕн*

# Тăвайсен пуçарăвне ырлаççĕ

ВĂРМАР. Районти колхозсем пĕлтĕр çул-йĕр строительстви планне чылай ирттерсе тултарнă. Сĕрпӳпе Вăрмар, Вăрмарпа Куславкка тата Вăрмарпа Тăвай хушшинчи çулсем çинче çĕнĕ кĕперсем тунă, трубăсене юсанă, чул сарса тăватă километр тăршшĕ ытла çĕнĕ çул тунă.

Кăçал район умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ: чул сарса пилĕк километр тăршшĕ çĕнĕ çул тумалла; 20 километр ытла кивĕ çулсене юсамалла, çичĕ кĕпер тумалла, шыв çурнă вырăнсене тикĕслемелле, йывăç чылай лартмалла.

Тăвай районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем тата çул-йĕр работникĕсем чĕнсе калланине сӳтсе явнă хыççăн районти ĕçсыннисем çулсем тумалли плана срокчен тултарма обязательствăсем илчĕç. Пур ялсенче те çул-йĕр строительстви планне июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне пурнăçлама, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, пур ĕçе те лайăх пахалăхпа тума пулаççĕ.

Çулсем çинче ĕç пуçланчĕ. Колхозниксемпе колхозницăсем, иртнĕ çулсенчи пекех, çул-йĕр строительствине активлă хутшăнчĕç. «Победа» колхозри çул-йĕр бригади (бригадирĕ Авдеев юлташ) Вăрмарпа Тăвай хушшинче хăйне çирĕплетсе панă участокри çул-йĕре аван пăхса усрать. Юр кайса пĕтнĕ хыççăн бригада лакăмсемпе шăтăксене тикĕслерĕ, çула катокпа якатрĕ, Ара çырми урлă хывнă кĕпере юсарĕ. Бригада членĕсем çĕнĕ кĕперсем тума тата киввисене юсама 174 кубометр чул хатĕрлерĕç, 111 кубометрне турттарса кăларчĕç. Бригадăна туртăм вăйĕ тата çынсем çителĕклĕ уйăрса панă. Çураки ĕçĕсем вĕçленнĕ хыççăн вăйпитти колхозниксем çул-йĕр строительствине массăллăн хутшăнаççĕ.

Иртнĕ çул районта мала тухнă «Коммунизм» колхозри çул-йĕр бригади те (бригадирĕ Матвеев юлташ) çула лайăх пăхать. Бригада членĕсем кĕперсемпе трубăсене юсанă, çула катокпа якатнă. Халĕ бригада чулпа хăйăр турттарать, 350 кубометр чул кăларса хатĕрлет.

«Свобода» колхоз членĕсем Вăрмарпа Сĕрпӳ хушшинчи çул хĕррине пĕр километр тăршшĕ йывăç лартса тухрĕç, ун хыççăн ял хушшинчи çырмара чул кăларма тытăнчĕç. «Гигант» колхоз членĕсем Вăта Энĕш çинчи пысăк кĕпере юсарĕç. Халĕ вĕсем ял хушшинчи кĕпере юсама йывăç хатĕрлеççĕ.

Çул-йĕр строительствине хутшăнса, «Ударник» колхоз 60 кубометр, Чапаев ячĕпе тăракан колхоз 50 кубометр, «Большевик» колхоз 30 кубометр чул кăларса хатĕрлерĕç. Майăн 18-мĕшĕ тĕлне районта пурĕ 500 кубометр чул кăларса, 200 кубометрне турттарса кăларнă, грави 120 кубометр, хăйăр 200 кубометр çул çине илсе тухнă, 350 кубометр йывăç касса хатĕрленĕ.

Çул-йĕр строительствине партипе комсомол организацийĕсем активлă хутшăнаççĕ. Çул-йĕр бригадирĕсенчен чылайăшĕ — коммунистсемпе комсомолецсем. ВКП(б) райкомĕ çул çинче ĕçлекен колхозниксем хушшинче агитациллĕ-массăллă ĕçе туса пыма агитаторсем. 100 çын, стена хаçачĕсемпе боевой листок редакторĕсем пулма 27 çын уйăрса çирĕплетрĕ.

**Н. ВОЛКОВ,**
**(Хамăр корр.).**

# Хушма хуçалăха хакламан çĕрте

Садсене, пахчасене, хурт-хăмăр, хăмла тата ытти çавăн пек хушма хуçалăхсен ĕçĕсене вăйлатса пыни обществăллă хуçалăха тĕреклетме пулăшать. Чылай колхозсем хушма хуçалăхсенчен ытларах тупăш илме тăрăшаççĕ. Çав вăхăтрах Етĕрне районĕнчи Тимирязев ячĕпе тăракан колхозра ку ĕç çине тимлĕн пăхмаççĕ. Артелĕн 10 гектар çинче садпа пахча, 60 вĕллене яхăн хурт-хăмăр пур, анчах вĕсенчен илекен тупăш ытла та пĕчĕккĕ.

Садпа пахча ĕçне колхозсем пĕрлешиччен Чурпаи яленчи Киров ячĕпе тăракан артель членĕсем 1934 çултах пуçарса янă. Çимĕçсем ирттерех туса илес шутпа 1949 çулта ятарласа теплица тунă. Колхоз çулсеренех тĕрлĕрен çырласемпе пахча çимĕçсем сутса темиçе вунă *шар пин тенкĕ тупăш илнĕ. 1951 çулта та садпа пахча* 40 пин тенкĕ тупăш панă. Анчах та ăна çителĕклĕ теме çук, мĕншĕн тесен малтанхи çулсенче тата ытларах тупăш илнĕ.

Садпа пахчаран илекен тупăш çулрансул чакса пыни пĕтĕмпех колхоз правленийĕ пуçарулла пулманнинчен килет. Садовод И. Тимонин юлташ тăрăшса ĕçлет пулсан та правлени енчен пулăшу çук пирки нимех те тума пултараймасть. Тепĕр чухне ăна пулăшма мар, ĕçе каялла туртса пыни те пулать.

Иртнĕ çулхине И. Тимонин юлташ, колхоз садĕнчи çимĕç йывăççисене сивĕ çилсенчен хӳтĕлеме акаци çитĕнтерес тесе, 3 килограмм акаци вăрри пухнă. Акаци вăррине колхоз председателĕ И. Петров юлташ сад тавра актарман. Правлени час-часах пиççе çитнĕ çырласемпе пахча çимĕçсене пасара кайса сутма транспорт паман. Çавна пула çырласемпе пахча çимĕçсем чылай çĕрсе пĕтнĕ.

Правлени садпа пахча ĕçĕ çине сӳрĕккĕн пăхни кăçал та пĕтмен-ха. Теплицăна вăхăтра тислĕк турттарман пирки, пахча çимĕç вăррисене иртнĕ çулхинчен чылай кая юлса акрĕç. Садпа пахчара ĕçлеме çынсем çителĕклĕ уйăрса паман.

Хурт-хăмăр ĕрчетес ĕçе те вăйлатма тăрăшмаççĕ. Иртнĕ çул правлени пысăк йăнăш тунă. Суркунне пыл хурчĕсене тăрантарма сахăр илсе паман. Хурт-хăмăр ăсти Я. Бажайкин юлташ хăй укçипе 520 тенкĕлĕх сахăр илсе колхоз хурчĕсене тăрантарнă. Вĕллесем нумайăшĕ çĕрсе пĕтнĕ, хуртсем усрама шанчăксăр, апла пулин те, правлени çĕнĕрен пĕр вĕлле те тутарман, пыл тытмалли савăтсем çитмеççĕ, хуртсене вăхăтра пăхса лайăх ĕçлеттеремессĕ. Пелтер колхоз кашни вĕллерен ултшар килограмм çеç пыл илнĕ. Хĕллене те япăх хатĕрленнĕ, омшаник туса паман, хуртсене туса пĕтермен пӳртре хĕл каçарнă, çавна пула икĕ вĕллери хуртсем вилсе пĕтнĕ.

*Çак çитменлĕхсене районти ялхуçалăх* пайĕнче пĕлеççĕ. Апла пулин те кунти работниксем, тĕп сăлтава тупса палăртас вырăнне, колхоз хурт-хăмăрне пăхакансене кăна ятлама пăхаççĕ, правлени пирки нимĕн те шарламаççĕ.

Иртнĕ çулхи йăнăшсем колхозра кăçал та пулса пыраççĕ. Ку тарана çитсе те çĕнĕ вĕллесем тума тытăнман, рамăсем çителĕксĕр. Ялхуçалăх пайĕнче хурт-хăмăр енĕпе ĕçлекен Чумаков агроном колхоза пулăшу памасть.

Колхоз вун-вуникĕ çул каялла кӳлĕсенче, пĕвесенче пулă ĕрчетсе тупăш илме шутланă. Питĕ аван пуçару. Пĕвисене те тунă, пулă та ĕрчетнĕ. Анчах та юлашки çулсенче пулă пĕвисем çинчен пĕтĕмпех маннă. Кӳлĕсенчен темиçе çул хушши ĕнтĕ пулă тытса усă курман.

— Ҫирĕп пулă тытма хатĕрсем çук, мĕнпе тытас?—тесе кăна лараççĕ.

Пулă тытмалли хатĕрсене тума ытла хаклă мар пулин те, тăвас текенсем çук.

Колхоз правленийĕн хушма хуçалăхсем çине кун пек çиелтен пăхмалла мар. Хушма хуçалăхсене вăйлатас тĕлĕшпе ялхуçалăх пайĕн те тимлĕрех ĕçлемелле.

**М. ЗАХАРОВ.**

# Кувшинкăри канмалли çуртра

Кувшинка юханшывĕ Атăла юхса тухнă тĕлте, илемлĕ вырăнта, Промкассăн канмалли çурчĕ вырнаçнă. Кунта Чăваш, Тутар, Мари республикисенчи аластисен артелĕсен членĕсем канаççĕ. Канмалли çурта уçнăранпа çирĕм çул çитрĕ. Çак вăхăт хушшинче унта 22.000 çын каннă, 6—7 пин ача пионерсен лагерĕнче пулнă.

Канма пыракансем икĕ хутлă икĕ пысăк çуртра вырнаçаççĕ. Пӳлĕмсем çутă, таса, илемлĕ. Столовăя, пекарнăна, прачечнăя тата мунчана водопровод кĕртнĕ.

Канакансем вăхăта культурăллă, савăнăçлă ирттерме пултараççĕ. Клубри библиотекăра 2.500 кĕнеке. Вылямалли япаласем, музыка инструменчĕсем, спорт инвентарĕсем çителĕклĕ. Кăçал тата 2.500 тенкĕлĕх илемлĕ литература кĕнекисем туяннă, хаçат-журналсем нумай çырăнса илнĕ.

Канмалли çурт патĕнчех илемлĕ пысăк кӳлĕ. Кунта канакансем пулă тытма, кимĕсемпе çӳреме пултараççĕ. Канмалли çуртăн 10 кимĕ.

Çу каçипе кунта пин çын ытла канма пултарать.

**П. СПЕРАНСКИЙ.**

*ФЕЛЬЕТОН*

# Йĕппи хыççăн çиппи...

Ун чухне те, хальхи пекех, ир пулнă та каç пулнă, хальхи пекех, кăнтăрла хĕвел пăхнă, каçхине уйăх çутатнă. Шупашкарти çынсем хĕрсех ĕçленĕ. Чăвашгиз работникĕсем те производство планне тултарма васканă.

Пĕррехинче çапла, янкăр уяр, хĕвеллĕ кун, Чăвашгизра тĕлĕнмелле савăнăç пулса иртнĕ. Ун çинчен чи малтанах ачапăча литературин редакторĕ Илпек пĕлнĕ. Вăл ун çинчен Чăвашгиз работникĕсене пурне те пĕлтерме васканă. Малтан вăл редакторсен пӳлĕмĕсем тăрăх çил пек вĕçтерсе çӳренĕ, унтан ыттисемпе тĕл пулнă та, «сывă-и?», тесе алă тытса, хăйĕн савăнăçĕ çинчен хыпăнса кайсах каласа панă:

— Эврика! Эврика!—мăшкăрнă вăл грексен авалхи ученăйĕн Архимедăн сăмахĕсене.—Чăвашла тĕлĕнмелле лайăх куçаракан çын сывăхрах пур иккен! Халиччен ăна никам та пĕлмен, ăна эпĕ тупрăм...

— Кам вăл?! Кам?—ыйтнă Чăвашгиз работникĕсем.

— Краснов, Андрей Краснов! Манăн тимсĕрлĕхе пула вăл темиçе çул хушши жилуправленире кладовщик пулса ĕçленĕ, двориксене шăпăрсемпе кĕреçесем парса пурăннă...

Савăнăç пĕччен çӳреместь, мăшăрлăн çӳрет, теççĕ. Нумай та вăхăт иртмен, Чăвашгиз çуртне Илпек тата хаваслăраххăн пырса кĕнĕ, пӳлĕмсем тăрăх каллех *çавра çил пек вĕçтерсе çӳренĕ:*

— Телей! Вĕçĕмсĕр телей пирĕн! Кĕнекесем чăнлă куçаракан тепĕр çын тупрăм. *Унăн пултарулăхĕ пирки нимĕнле* иккĕленӳ те пулма пултараймасть. Вăл, каллех манăн тимсĕрлĕхе пула, урăх ĕçре—бухгалтерта ĕçленĕ. Кĕнеке куçарас вырăнне шут шăрçисене шутарса ларнă.

— Кам вăл?! Кам?—каллех ыйтнă Чăвашгиз работникĕсем.

— Рубцов, Михаил Рубцов!

Йĕппи хыççăн çиппи тенĕ пек, Рубцов Мадюськина ертсе килет. Завхоз пулнă Мадюськин та кĕнеке куçарма тытăнать. Пухăнаççĕ вара кĕнеке куçаракансем... Вĕсем хушшинче эпир халиччен юлташĕсем патне чăвашла çыру çырман çынсене те куратпăр.

Тытăннă вара çак çынсем хĕрсе ĕçлеме. Перосем чĕриклетеççĕ, кăранташсем вылянаççĕ, машинкăсем шалтлатаççĕ кă-[illegible] тытăнчĕç, *Илпекăн ĕç ăнса пырать*, вăл тивĕçлипех хĕпĕртет.

М. Рубцов кăна пĕр çул хушшинче илемлĕ литература произведенийĕсем 70 авторски лист ытла куçарнă!

*Нумай та вăхăт иртмест*—çĕнĕ кĕнекесем тухаççĕ. Акă, Джек Лондонăн «Пурнăçа юратни» ятлă кĕнеки. Тимлĕ Илпекĕн тимсĕрлĕхне пула, кĕнекере тĕлĕнмелле мыскарасем пичетленсе тухнă. «Джонни хирĕçни» калавра эпир çапла вулатпăр:

«Пăравус хăшпĕр вакунсене пĕр çул çинчен тепĕр çул çине куçарнă вăхăтра Джонни патне йăпшăнса пычĕ те пĕр пушă, **вакуи аяккине тертленсе уçса шала кĕчĕ**» (М. Волков куçарнă, Илпек редакциленĕ).

Епле тĕлĕнмĕн ĕнтĕ: пăравус вакунăшне кĕрсе кайнă!

«Каштанка» та вулакансем патне вĕçтерсе çитрĕ. Ӳркенер мар, вуласа пăхар:

«Вăл таса мар шпалерлă пӳлĕме, туталлă **çимине, вĕренине,** цирка астуса илчĕ, анчах çаксем халĕ ăна пăтранчăк та йывăр тĕлĕк пек çеç туйăнчĕç». (Алексеев куçарнă, Н. Ильбеков редакциленĕ).

Часах «Икĕ капитан» ятлă хулăм кĕнеке йăтăнса тухать. Ăна вулама тытăнсан, йăлăм вăрманĕнче сĕм çĕрле аташса çӳренĕ пекех туйăнать. Кĕнекере чăваш чĕлхине пăснă, предложенисемпе сăмах çаврăнăшĕсене пĕр ӳркенмесĕр пăтраштарнă вырăнсем темĕн чухлех. Пĕрик тĕслĕх çеç илетпĕр.

«Йывăр кăмăлпа итлерĕм ăна эпĕ. Вăл, каласа панинче **темле тасамарлăх пур, йĕри-тавра тасамарлăх пур пекех, манăн аллăма та кунта çăвас килчĕ...».**

«Ку ĕнтĕ ӳпке ахальтенех ашланни марччĕ... Ку ĕнтĕ, профессор **каларĕшле, «тăсăланан ылханлă ашланаччă...».**

**«Кăкăр умĕнчи катăкран пуçласа** хĕп-хĕрлĕ пиçиххи таран лартса тухнă **йăм-йăм хĕрлĕ тӳмисем пĕрре анса тепре хăпараççĕ».**

Ăçтан чун кĕнĕ ку тӳмесене?. Вĕсем чупаççĕ тенине халиччен илтменччĕ.

Çак кĕнекерех тата «кĕске-кĕске çумăрлă шăрăх июль кунĕ касса çӳрекен» вырăнсем те, «нарастаран элеклесе» пĕтернисем те, «Петрив батич çу хута шăрчăнуй çеçке кăларни» те, «йĕсĕм çырли» те, «шухăшланăн пулса тухни» те, «хăй хулăнламас» теки те пур. Пĕр сăмахпа каласан, кĕнекене çӳп-çаплă чĕлхепе куçарнă. Çак кĕнекене вулас тесен, ачасен темиçе томлă словарь илмелле, анчах вăл та пулăшмĕ, словарьсенче те ун пек сăмахсене тупма çук. Кĕнекене куçаракан Н. Илпек хăй шыраса тупнă çынсенчен темиçе хут иртсе кайнă вара, хăйĕн «кадрĕсемшĕн» чăн-чăн «учитель» пулса тăнă.

Кунта эпир Б. Полевойăн «Эпир—совет çыннисем» (куçараканĕ М. Рубцовпа Г. Ефимов) кĕнеке çинчен каласа та тăмăпăр, мĕншĕн тесен ку кĕнекере те кăлтăксем нумай.

Мадюськин, Краснов куçарнă алçырăвĕсенче те тĕлĕнмелле, çӳс-пуçа вирелле тăратакан вырăнсем тĕл пулаççĕ.

Чăвашгиз рецензентсен кадрĕсене те ăнсăртран шыраса тупать. Малта асăннă çынсен алçырăвĕсене пăхса тухма рецензентсене паман. Лайăх куçаракансен алçырăвĕсене вара ĕмĕрне пĕр кĕнеке куçарса курман çынсене рецензи тума параççĕ. Сăмахран, Г. Молостовкин куçарнă «Овод» романа чăваш литератури чĕлхине начар пĕлекен Н. Андреев пăхса тухса рецензи панă. Рецензи çыракансем хушшинче эпир чĕлхене çӳп-çаплатса пăтраштарма юратакан В. Плешкова та *тĕл пултăмăр. Çак «рецензентсем» пĕр*-ик страница рецензи çырнă та çăмăллăнах пиншер тенкĕ укçа илнĕ.

*В. Плешков кĕске вăхăтрах,* хăй редактор пулса ĕçленипе тата Н. Илпек пулăшнипе усă курса, тăватă пысăк кĕнеке рецензиленĕ. Акă вĕсем: С. Бабаевский—«Свет над землей», А. Первенцев—«Честь смолоду», Н. Бирюков—«Чайка», А. Артемьев—«Хĕрлĕ çăлтăр». Çак рецензисемшĕн вăл 4 пин тенкĕ ытла укçа илнĕ. Анчах мĕнле усă кӳнĕха унăн рецензийĕсем! Нимĕнле усă та паман, мĕншĕн тесен вăл кашни рецензинех пĕр пек çырнă, хăшпĕр тĕлте тата чĕлхене пăсса çырма сĕннĕ вырăнсем те пур. Сăмахран, «Честь смолоду» кĕнекере:

— «Мĕн сутан вара эс, купец?

— Нимĕн те мар»,—тенĕ вырăн пур. Ăна рецензент:

— Нимĕнпе те суту-илӳ тумастăп»,—тесе тӳрлетме хушнă.

Рецензент Н. Андреев «Овод» романра пĕр «килĕшмен» вырăн тупнă. Унта «мулкач пек хăравçă», тесе çырнă иккен! Андреев вара çак танлаштарăва «кролик пек хăравçă», тесе çыртарасшăн хĕрсех тавлашнă. Куншăн вара вăл нумай укçа илнĕ.

Андреевах, хăй редактор пулса ĕçленĕ вăхăтра, Л. Н. Толстойăн вилĕмсĕр произведенине «Севастополь калавĕсене» редакцилеме хăтланнă. Ку ĕçпе вăл тăватă уйăха яхăн аппаланса ларнă. Мĕн тунăха вăл? «Носилка» сăмаха «наçилкка» тесе, «сăрă шинеле» «кăвак шинель» тесе, «платна» сăмаха «самăр» сăмахпа, «шупка кĕрен тĕслĕ» тенине «тĕссĕр тĕслĕ» тесе улăштарнă. Çак кĕнекене чăваш писателĕ В. Алагер пысăк ăсталăхпа куçарнă пулнă, вăл пĕрремĕш хут 1941 çултах пичетленсе тухнă, издательство ăна пĕлтĕртенпе иккĕмĕш хут кăларма хатĕрленет. Анчах, кĕнекене виççĕмĕш редактор редакцилет пулин те, ăна производствăна яман-ха.

Калама çук савăнать, хĕпĕртет Илпек. Уншăн пулсан, пурте ăнăçлă: кĕнекесем куçараççĕ, рецензисем çыраççĕ. Ытлашши хĕпĕртенипе вăл хăйĕн хушаматне мĕнле çырмаллине те манса кайнă, кашни кĕнекерех улăштарса çырать. «Пулăшу килет» кĕнекене Н. Ильбек редакциленĕ; «Темăн ача чухнехи пурнăçĕ» кĕнекене урăх çын—Ф. Ильбек редакциленĕ (ку вăл Н. Илпекăн аппĕ мар-ши?); «Каштанкăна» виççĕмĕш çын—Н. Ильбеков редакциленĕ. «Фата Моргана» кĕнекене тăваттăмĕш çын—Н. Ф. Ильбеков редакциленĕ. Ваттисем калашлĕ, «ватă çын—тăватă çын» тенĕ пек, Илпек ватă мар пулсан та, тăватă çын пулса тăнă.

Анчах тирпейсĕр кăларнă кĕнекесене ачасем вуласшăн мар, лайăх произведенисене начар куçарнăшăн кӳренмеллипех кӳренеççĕ.

— Лайăх, кăмăла кайкан кĕнекесем парăр пире!—теççĕ вĕсем.

**Кузьма ЧУЛКАÇ,**
**Василий АЛЕНТЕЙ.**

# Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

Тăвай районĕнчи Çĕнĕ Пуянкасси ял Советĕнче трахомăран сыватас енĕпе ĕçлекен сестра М. Михайлова юлташ çинчен килнĕ жалобăна «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ ĕçсынни депутачĕсен Тăвай райисполкомне янăччĕ.

Райисполком Михайлова сестрана, Çĕнĕ Пуянкасси ял Советĕнче ĕçрен хăтарса, Эльпуç ялĕнчи врачебнăй пунктра ĕçлеме куçарнă, кирлĕ пек ĕçлесе пымасан, вырăнтан кăларасси çинчен асутарнă.

* * *

Элĕк районĕнчи Горький ячĕпе тăракан колхозри çитменлĕхсем çинчен çырнă жалобăсене «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ ВКП(б) Элĕк райкомне çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнма янăччĕ.

ВКП(б) райкомĕн секретарĕ А. Степанов юлташ редакцие çапла пĕлтерчĕ:

Горький ячĕпе тăракан колхоз членĕсем колхоз председателĕ С. Романов тата колхоз счетоводĕ Г. Уледеров çинчен çырнă жалобăсенче фактсене тĕрĕс кăтартса панă. Учет ĕçне юриех пăтраштарса ярса, Романовпа Уледеров тырă, тĕрлĕ пурлăх, укçа-тенкĕ çаратса пурăннă, колхоз демократине, обществăллă çĕрçе усă курмалли йĕркене пăснă. С. Романова парти енĕпе çирĕп ответ тыттарнă, колхоз председателĕнчен кăларса, суд урлă ответ тыттармалла тунă. Г. Уледерова те парти енĕпе ответ тыттарнă тата счетоводран кăларнă.

* * *

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Вăрнар районĕнчи Пăвалл ялповĕн Кăмашри лавкка приказчикĕ Борогудов суту-илӳ йĕркине пăсса ĕçлени, лавккана вăхăтра уçманни çинчен çыру килнĕччĕ.

Ĕçсынни депутачĕсен Вăрнар район Совет исполкомĕн суту-илӳ пайĕн заведующийĕ, çырăва вырăнта тĕрĕсленĕ хыççăн, çырури фактсем тĕрĕс пулни, сутуилӳ йĕркине пăсса ĕçленĕшĕн Пăвалл ялповĕн правленийĕ Борогудова ятлани тата штраф тӳлеттермелле туни çинчен пĕлтерчĕ.

---

çĕнĕ вăрçине хатĕрлени тата тĕрмемĕнех агресси туса пыма тытăнни çак çĕршыври аслă шкулсен ĕçне те пăсать.

Америкăра аслă шкулсене вĕренме илесси çултан-çул чакса пырать. Питĕ пĕчĕклетсе кăтартнă официальнăй сведенисем тăрăх, 1950 çулта США-ри мĕнпур аслă шкулсен пĕррĕмĕш курсĕсенче вĕренме, 1946 çулхипе танлаштарсан, 25 процент сахалтарах илнĕ. 1951 çулта Америкăра студентсен шучĕ малалла чакса пынă.

США хуçисем аслă шкулсене май килнĕ таран ытларах фашизмпа милитаризм çулĕ çине тăратма, вĕсене шултра капитала пăхăнтарма тата аслă шкулсенчен малта пыракан элементсене пурне те хăваласа кăларма тăрăшаççĕ.

США-ри реакци университетсемпе колледжсем çине тапăнса пырасси аслă шкулсен ĕçне пĕтĕмпех милитаризм çулĕ çине тăратнипе тата капитал магначĕсене пăхăнтарнипе кăна чарăнмасть-ха. Çавăнпа пĕр вăхăтрах унта университетсене малта пыракан чи лайăх профессорсемпе студентсенчен «тасатас» кампани сарса янă. США-ри аслă шкулсенче туса пыракан террора фашистла Германи университечĕсенче пулнă террорпа кăна танлаштарма пулать.

«Маршалл планне» йышăннă çĕршывсенче те аслă шкулсен ĕçĕ питех те начарланса, каялла кайса пырать.

* * *

Пирĕн культура малалла аталанса пыни наукăпа техника çитĕнĕвĕсенчен уççăн курăнать.

Сталин юлташ çапла вĕрентет: совет çĕршывĕ хăйăн революциллĕ хăнăхăвĕсемпе тата йăлисемпе, шухăш малалла каймасăр пĕр вырăнта тăнине хирĕç кĕрешнипе наукăна чечеклентерме чи лайăх майсем туса парать.

Совет Союзĕнчи пурнăç Сталин юлташ сăмахĕсем тĕрĕс пулнине питех те лайăх çирĕплетсе кăтартать. ССР Союзĕнче наука питĕ хисеплĕ вырăн йышăнса тăрать, ун пек вырăна вăл этемлĕх обществин историйĕнче нихçан та йышăнман. Сталин юлташ кăтартса панă тăрăх, советлă социализмлă наука халăхран уйрăлса тăмасть, хăйĕн ирĕкĕпе тата пĕтĕм кăмăлтан халăхшăн ĕçлет, хăйĕн çитĕнĕвĕсене халăха парать. Унăн халăх интересĕсемсĕр пуçне урăх интересĕсем çук.

Пирĕн наукăпа тĕпчев институчĕсен шучĕ нумайланчĕ, совет ученăйĕсен кадрĕсем ӳсе çитĕнчĕç. 1946 çулта, суйлавçăсен пухăвĕнче пирĕн Тăван çĕршыв çитес çывăх вăхăтра мĕнле аталанса пымалли çинчен тухса каласа, Сталин юлташ çапла кăтартса пачĕ: наукăна аталантарса пыма май паракан тĕрлĕ йышши наукăпа тĕпчев институчĕсем нумайрах тăвасси çине уйрăммăнах тимлĕн пăхмалла, терĕ.

«Эпир хамăр ученăйсене тивĕçлипе пулăшса пырсан,—терĕ Сталин юлташ,—вĕсем çывăх вăхăтрах хамăр çĕршыв тулашĕнчи наукăн çитĕнĕвĕсене хăваласа çитме кăна мар, тата унтан иртсе кайма та пултарасси пирки эпĕ иккĕленсе тăмастăп».

Совет ученăйĕсем Сталин юлташ кăтартса панисене ăнăçлă пурнăçа кĕртсе пыраççĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче ССР Союзĕнче наукăпа техникăн тĕрлĕ отраслĕсенче питĕ пысăк открытисемпе изобретенисем тунă. Вăрçă хыççăнхи пилĕкçуллăхра çĕршыври наукăпа тĕпчев учрежденийĕсен шучĕ, 1940 çулхипе танлаштарсан, пĕрре çурă хут, наука работникĕсен шучĕ—икĕ хута яхăн ӳснĕ.

Пирĕн çĕршывра наукăн çамрăк кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлес ĕçе анлăн организациленĕ. Вăрçăччен аспирантсене 678 наука учрежденийĕсемпе аслă шкулсенче хатĕрленĕ пулсан, халĕ çак ĕçе 1.100 ытла наука учрежденийĕсемпе аслă шкулсенче туса пыраççĕ. 1951 çулта аспирантсен шучĕ 24 пин çынтан иртнĕ.

Совет наукипе техники малалла ӳссе пыни наукăпа техника, изобретени, литературăпа искусство енĕпе тунă чи паха ĕçсемшĕн правительство çулленех Сталинла премисем панинчен те лайăх курăнать. Вăрçă хыççăнхи пилĕкçуллăхра ултă пин çурă ытла çынна Сталинла премин лауреачĕ ятне панă. 1951—1952 çулсенче çав числа ята ученăйсем, инженерсем, агрономсем, литературăпа, искусство работникĕсем, рабочисем тата ялхуçалăхĕнче малта пыракансем тата 4.469 çын илме тивĕçлĕ пулнă.

Наукăпа производство работникĕсем пĕр-пĕринпе творчествăллă çыхăнса ĕçлесси анлăн сарални — вăрçă хыççăнхи çулсенчи паха ĕç пулса тăрать. Аслă шкулсен коллективĕсем производствăна пулăшас ĕçе активлă хутшăнчĕç тата пирĕн çĕршывра техникăна малалла аталантарас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем турĕç. Тепĕр енчен, наукăпа производство работникĕсем пĕр-пĕринпе творчествăллă çыхăнса ĕçлени ученăйсене промышленносри стахановецсен тата социализмлă ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опычĕпе пуянлатать, наукăпа тĕпчев ĕçĕсене çĕнĕ вăй кĕртет, аслă шкулсенче вĕренӳ ĕçне малалла лайăхлатса пыма пулăшать.

1951 çулта государство университечĕсен ученăйĕсем кăна промышленность валли 500 ытла практикăллă ĕç туса панă, тĕрлĕ материалсене, чĕртавара, полуфабрикатсене 10 пин ытла анализ, экспертиза тата сăнав тунă. Производство работникĕсене технологи ыйтăвĕсемпе 15 пин ытла консультаци панă, çĕнĕ техника, мичуринла биологи, наука çитĕнĕвĕсем çинчен вуншар пин лекцисемпе докладсем вуласа панă.

Питех те пысăк гидроэлектростанцисемпе каналсем тăвас ĕç саралса кайнă май, ученăйсем çав аслă стройкăсене пулăшас тĕлĕшпе пĕтĕм вăйя хурса ĕçлеççĕ.

Капитализмлă çĕршывсенче наука пачах урăхла. Вăл халăха хирĕçле ĕçсем туса пырать, империалистсен тĕллевĕсене пурнăçлама пулăшать. США-ри научнăй журналсенче ученăй степеньсемпе ученăй ятсем илнĕ коммерсантсем уççăнах атомлă е бактериллĕ хĕçпăшал туса кăларни ытларах услам пани çинчен сӳтсе яваççĕ. США-ри научнăй учрежденисен ĕçне пĕтĕмпе тенĕ пекех çар çыннисем тĕрĕслесе тăраççĕ. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, США-ра наукăпа тĕпчев ĕçĕсем валли тата техникăна аванлатас тĕлĕшпе государство расходлакан укçа-тенкĕрен 90 проценчĕ ытла вăрçă тĕллевĕсем валли кайть.

Америкăра империалистсен ĕçне туса пыракан наука çынсене массăллăн вĕлерсе пĕтермелли çĕнĕрен çĕнĕ майсем шырать пулсан, совет наукипе совет ученăйĕсем пĕтĕм этемлĕхĕн çутă пуласлăхĕ патне—коммунизм патне çул хывса параççĕ.

ССР Союзĕ пĕтĕм тĕнче цивилизацийĕн шанчăклă хӳтлĕхĕ, вăл малта пыракан наукăпа культурăна саракан çĕршыв пулса тăрать.

Марксизм-ленинизмăн аслă идейисемпе хавхаланнă пирĕн социализмлă культура питех те пысăк çитĕнӳсем турĕ. Партипе правительство тата Сталин юлташ уншăн хăй тимлĕн тăрăшни социализмлă культура малалла хăвăрт аталанса пырассин шанăçĕ пулса тăрать.

**Профессор В. ЕЛЮТИН,**
**ССР Аслă вĕренӳ министрĕн заместителĕ.**

# Тĕнчери лару-тăру

### АМЕРИКА ИНТЕРВЕНЧĔСЕН КОЧЖЕДО УТРАВĔ СИНЧИ ТИСКЕРЛĔХĔ

Америка агрессорĕсем Кочжедо утравĕ çинче тискер ĕçсем туни пĕтĕм тĕнчере çĕршер миллион çыннсене тарăхтарать. Америкăри пыннă чунилинсем асăннă утрав çинче тăвакан питĕ тискер ĕçсем гитлеровецсен хăй вăхăтĕнче Бухенвальдри Освенцимри концентраци лагерĕсенче туна тискер ĕçсенчен те усалрах. Кочжедо утравĕ çинче Çурçĕр Корея çарĕпе Китай добровольцĕсен часĕсен тыткăна лекнĕ çыннисене хĕнеççĕ, вĕсене пĕлерсе вараламна газсене, бактерилĕ тата атомлă хĕçпăшалсене сăнаса пăхаççĕ. Кăçалхи февраль март уйăхĕсенче Америка çарĕн мундирне тăхăннă çыннисем тыткăнри хĕçпăшалсăр çынсене пулеметсемпе персе тата гранатăсем ывăтса ушкăн-ушкăнĕпе вĕлерчĕ. Ун чухне вилнисемпе аманнисем 670 çынна çитнĕ.

Тыткăнри çар çыннисен питĕ тарăхнă. Вĕсем майăн 7-мĕшĕнче лагерь комендантне Америка генералне Додда тытса чарнă, администрацисем тыткăнри çынсене асаплантарассине чарса лартма ыйтнă, эпир ыйтнине йышăнсан тин Америка генералне ирĕке кăларатпăр, тесе пĕлтернĕ. Тыткăнри çар çыннисем хăйсене тăван çĕршыва кайма килĕшменни çинчен хут çыртарса алă пустарине пăрахăçлама, тыткăнри çынсене интервентсем енче çапăçма илессине чарса лартма ыйтнă.

Америка командованийĕ тыткăнри çынсем мĕн ыйтнине пытарса тăма хăтланнă. Анчах Додд вырăнне лагерь коменданчĕ пулса ĕçлеме тытăннă Колсон генерал хăех тискер ĕç тăваканcене тăрă шыв çине кăларнă. Тыткăнри çар çыннисене панă ответра Колсон вĕсем ыйтни пурте тĕрĕс пулнине йышăннă, тыткăнри çынсене асаплантарассине, юн тăкассине тата ирĕксĕрлесе хăйсен тăван çĕршывне хирĕç вăрçма илессине чарса лартма сăмах панă.

Колсон çапла калани Вашингтонри пуçлăхсемшĕн тата вĕсен Паньмыньчжоньри калаçусене перемири тăвас пирки кăларма хушнă представителĕсемшĕн питĕ пысăк йывăрлăх туса хунă.

Колсон генерала лагерь комендантĕнчен кăларнă, ун вырăнне Боутнер генерала уйăрса лартнă. Ку генерал тыткăнри çар çыннисене тата хытăрах хĕсĕрлемелли *политика тытса пыма* пуçлани çинчен Америка хаçачĕсем пĕлтереççĕ. Кочжедо утравĕ çине танксем тата авиацин десантлă 187-мĕш полкне илсе пынă. Тупăсене лагерь çине тĕллесе пемелле вырнаçтарса лартнă. Америка интервенчĕсем каллех тыткăнри çынсен юнне юхтарма хатĕрленеççĕ.

Кочжедо утравĕ çинче пулса иртнĕ ĕçсем çакна тепĕр хут кăтартса пăраççĕ: Америкăри çынсен юнне юхтарма хăнăхпă империализм хăйĕн усал планĕсене пурнăçлас шутпа питĕ тискер ĕçсем тăвать. Пĕтĕм тĕнчери халăхсем çав тискерлĕхе хирĕç хăйсен сыхăлăхне ӳстернипе тата миршĕн кĕрешес ĕçе вăйлатнипе ответлеççĕ.

### МИРШĔН КĔРЕШЕКЕНСЕН ЮХĂМĔ ВЕЛИКОБРИТАНИРЕ

Çак кунсенче Лондонра миршĕн тăракансен Пĕтĕм Англири конференцийĕ пулса иртнĕ. Конференци Англире миршĕн кĕрешес юхăм вăйланса пынине кăтартса панă. Унта 700 делегата яхăн пухăннă. Вĕсене 479 организаци, çав шутран: мире сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен 167 комитетран, профсоюзсен 144 организацийĕнчен тата профсоюзсен 5 союзĕнчен суйласа янă.

Конференципе Мире сыхлас тĕлĕшпе Англире ĕçлекен комитет президенчĕ Д. Н. Притт доклад тунă. Вăл миршĕн кĕрешекенсен юхăмĕ вăйланса пынине палăртнă, конференци «Мире сыхлас тĕлĕшпе Англире ĕçлекен комитета тĕреклетме, унăн ĕçне лайăхлатма, çапла вара правительства хăйĕн политикине улăштартарма мĕнле ĕçсем тумалла палăртмалла», тесе каланă.

Конференципе Англири рабочи класăн темиçе миллион çыннине пĕрлештерсе тăракан профсоюзсен представителĕсем питĕ активлă пулнине уйрăмах палăртмалла. Машинăсем тăвакан промышленноçра ĕçлекенсен пĕрлештерĕвĕ профсоюзĕн представителĕ Джордж Брейн çапла пĕлтернĕ: çак профсоюзăн Наципллĕ комитечĕн нумай пулмасть пулнă съездĕнче пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшӳ тума чĕннине ырлакан резолюци йышăннă, тенĕ.

Конференци Англи халăхне чĕнсе калани йышăннă. Мирлĕ пурнăç тумашкăн Корейăпа Малайăри вăрçăсене чарса лартмалла, Германи ыйтăвне йĕркелеме тăватă державăн калаçăвĕсене ирттермелле, мире сыхламалли килĕшӳ тумалла, тенĕ чĕнӳре. Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшӳ тума чĕнсе калани çине Англире 1.250 пин çын алă пуснине палăртса, конференци çак питĕ паха документ çине алă пустарас ĕçе вăйлатма чĕннĕ. Конференцирĕ миршĕн тăракансен Англири юхăмне организацилĕх енĕпе вăйлатма мĕнле ĕçсем тумалли çинчен решенисем йышăннă.

### МОНТГОМЕРИ ГРЕЦИПЕ ТУРЦИРЕ МĔН ТУСА ÇӲРЕНЕ?

Майăн малтанхи çур уйăхĕнче Атлан*тика блокĕн хĕçпăшаллă вăйĕсен* главнокомандующийĕн заместителĕ, Англи фельдмаршалĕ Монтгомери Афины хулипе Анкара хулине пырса кайнă, унта *ми*нистрсемпе тата аслă генералсемпе калаçнă.

Вĕсем мĕн çинчен калаçнине никама та пĕлтермен. Анчах Монтгомери çав çĕршывсенче пулни çинчен ют çĕршывсенчи хаçатсем нумай çыраççĕ. Хаçатсем уйччон çеç Грецире Турцире Эйзенхауэр пулни çинчен те аса илеççĕ. Хăшпĕр хаçатсен обозревателĕсем: Монтгомери Грецире Турцие мĕнле тĕллевсемпе кайса çӳрерĕ?—тесе ыйтаççĕ.

Чи малтан Монтгомери Афины хулипе Анкара хулинче хăйне мĕнле тыткаланине уйрăмах палăртас пулать. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Эйзенхауэр çав çĕршывсен США-на пăхăнса тăракан пуçлăхĕсемпе сиввĕн калаçнă. Монтгомери вара Греци министрĕсем каланине «ăшă кăмăлпа» итленĕ. Греци министрĕсем хăйсен çĕршывĕ çине Атлантика блокне ертсе пыраканĕсем çар енĕпе тӳсме çук нумай ĕçсем тума хушни, çакă çĕршыва пысăк йывăрлăх туса хуни çинчен каласа панă, Греции ирĕксĕрех бюджетри укçаран 45 процентне ытла çар ĕçĕ валли нама тиенĕ пирки Греци правительстви хăй кăмăлĕпе пулнине палăртнă. Çавна хирĕç ответлесе, Монтгомери Греци «хăйĕн пĕтĕм бюджечĕн 50 процентне яхăн çар ĕçĕ валли малашне те расходлама пултарассине» ĕнентерет, тесе шкăнтересе каланă.

Анкара хулинче те Монтгомери хăйне Турци туслĕ пек кăтартма хăтланнă. «Ахăлчан çынни пулса, епĕ çак вăхăтрах Турци тарçи пулса тăратăп,—тенĕ вăл.— Эпĕ Англи интересĕсене те, çавăн пекех Турци интересĕсене те хӳтĕлеме тивĕçлĕ. Хамăн пĕлӳçĕме опыта сирĕншĕн усăллă ĕç тума паратăп. Эсир мана хăвăр патăра курасшăн пулсан, сирĕн çакăн çинчен пĕлтересенех çĕç. Эпĕ кирек хăш вăхăтра та кунта килме хатĕр...»

Турцин «Сон телеграф» хаçачĕ Монтгомери сасартăк Грецире Турци тĕлĕшпе «питĕ вашавателанса» кайнă çинчен шăнт халантарса пăма хăтланать. Турцие Англи фельдмаршалĕ пырса кайни çинчен хаçат çапла çырать: «Монтгомери Анкарăна кăмăллă пулнине палăртма çеç килмен..., вăл Вăтаçĕр Хĕвеланăçĕнчи оборона системи тумалли плансем çине Турци мĕнле пăхнине пĕлес шутпа килнĕ.. Историри ăнсăртран килсе тухнă тĕлĕнтермĕш! Англи ĕмĕр-ĕмĕртенпе Осман империне хавшатма тата пайласа яма тăрăшнă пулсан, халĕ вара унăн ирĕксĕрех Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнче хăйĕн интересĕсене хӳтĕлеме Турцирен пулăшу ыйтма тивет...».

Çав интерессем вара чылай енĕпе Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен интересĕсене хирĕç пыраççĕ. Çав ыйтусенчен пĕри çапла: Турципе Греци çарĕсене ертсе пырас ĕçе кам аллине памалла? Ку ыйтура США пуçаруллă пулнине палăртнă. Афины хулине тата Анкара хулине пырсан, Эйзенхауэр Грецирпе Турци правителĕсене вĕсен çарĕсен пуçлăхĕ пулма Америка офицерне уйăрса лартасси çинчен шантарса каланă. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Англи çавăн пек тăвассипе Атлантика *блокĕн Вăтаçĕр тинĕсĕн хĕвелтухăçĕнчи* пайĕнчи тинĕс-çарĕн пуçлăхĕ пулма Англи адмиралне уйăрса лартсан çеç килĕшме пулать.

Англи правительстви çапла шутлать: çав вырăнсене кама *лартассишĕн* пыракан кĕрешӳ мĕнле вĕçленнинчен Англин Çывăх Хĕвелтухăçĕпе Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи позицийĕсем, Америка унта пырса кĕнине пула чылай хавшанă позицисем, начарланасси е вăйланасси килет. Çав кĕрешӳре вăл Турципе Грецие хăй енне çавăрма тăрăшать. Çакăн пек ĕнтĕ Монтгомери сасартăк Афины хулипе Анкара хулине «хăй кăмăллă пулнине палăртма» пырса кайнин тĕп тĕллевĕ.

**Ю. ЗВЯГИН.**

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНАЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнай командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Корея Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем пĕрле иртнĕ кун хушшинче фронтăн уйрăм участокĕсенче тăшман атакисене ăнăçлăн сире-сире янă, тăшман салтакĕсемпе техникине нумай пĕтернĕ.

Вăтаçĕрти фронтра Чхолвонь çывăхĕнче тăшман темиçе хутчен те халăх çарĕн позицийĕсем çине атакăсем тунă. Тăшман салтакĕсене самолетсемпе танксем пулăшнă. Тăшмана хирĕç мĕнпур хĕçпăшалсенчен вăйлăн пеме тытăннă. Вăл вара йĕркесĕр каялла чакнă, çапăçу вырăнĕнче 60 виле ытла юлнă.

Ытти фронтсенче уйрăмах паллă улшăнусем пулман.

Паян зенитнăй чаçсем тата самолетсене хирĕç çапăçакан салтаксем тăшманăн виçĕ самолетне персе ӳкернĕ. Çав самолетсем уйччен, ытти самолетсемпе пĕрле, тылри халăх пурăнакан хуласемпе ялсем çине бомбăсем пăрахнă пулнă.

## Тĕнчери халăхсем Америка агрессорĕсен тискер ĕçĕсене—Корейăра тыткăнри çар çыннисен юнне тăкнине хирĕç протестлеççĕ

### Китай Халăх Республики

ШАНХАЙ, майăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Америка империалисчĕсем Пусанра çĕнĕрен тискер ĕçсем туни çинчен пĕлсен, Китай халăхĕ чунтан-чĕререн тарăхнă.

«Дагунбао» хаçат паян çапла çырать: Америка вăрă-хурахĕсем тискер ĕçсем туни Уолл-стрит хуçисем сĕмсĕррĕн суйнине тепĕр хут çирĕплетсе парать. Çак тискерлĕхшĕн айăпламасăр хăвармалла мар. Пĕр айăпсăр вилнĕ тыткăнри çар çыннисен юнне тăкнине Америкăри çын вĕлерекенсем пытарса хăвараймĕç. Америка агрессорĕсен хăйсем тунă тискер ĕçсемшĕн ответ тытĕç.

«Лаодунбао» хаçат çакна палăртать: тыткăнри çар çыннисен Пусанри лагерĕнчи юнлă ĕçсем Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен салтакĕсем çирĕп кăмăллă пулни, хăйсене тăван çĕршыва яма çине тăрса ыйтни çинчен калать. Америка çар çыннисем кирек мĕнле тискер меслетсемпе усă курсан та, тыткăнри çар çыннисем хăйсен шухăшне улăштарас çук, тесе çырать хаçат.

Эпир, тет юлашкинчен хаçат, американецсем юн тăкса тискер ĕçсем тунине хирĕç протестлетпĕр, пирĕн çынсене пурне те тыткăнран каялла яма ыйтатпăр.

### Польша

ВАРШАВА, майăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Лодзь хулинче миршĕн тăракансен хулари комитечĕпе юристсен вырăнти обществи пуçарнипе пысăк митинг ирттернĕ. Митингра пулнисем Америка агрессорĕсем *Корейăра тискер ĕçсем тунине хирĕç про*тестленĕ.

Митингра Софья Васильковская сăмах тухса каланă. Вăл—пĕтĕм тĕнчери юрист-*демократсен пĕрлешĕвĕ Корейăпа Китайра* американецсен тискерлĕхне тĕпчесе пĕлме тунă комисси членĕ.

— Эпир çакна палăртма пултартăмăр,—тенĕ Васильковская,—американецсем Корея халăхне хирĕç вăрçнă çĕрте *пĕтĕм тĕнчери халăхсем йышăннă правă*сен принципĕсене пурне те сĕмсĕррĕн пăсаççĕ.

Митингра пулнисем Корейăра американецсем тискер ĕçсем тунине хирĕç протестлесе резолюци йышăннă.

### Чехословаки

ПРАГА, майăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки халăхĕ Америка империалисчĕсем Корейăра тискер ĕçсем тунине тарăхса питлет.

«Руде право» хаçат паян çапла çырать: пирĕн халăх американецсем тискер ĕçсем тунине курса тарăхса çитрĕ. Вăл çав преступленисене тăваканcене кăна мар тата преступлени тăвас ĕçе пуçараканcене те пурне те ответ тыттарма ыйтать. Пирĕн халăх, пĕтĕм тĕнчери миллионшар çынсемпе пĕрле, çын вĕлерекенсене тивĕçлипе наказани пама ыйтать!

Карлови Вари облаçĕнчи Хеб хулинчи «ЭСКА» заводри рабочисемпе служащисем митинга пухăннă. Вĕсем пĕрлешнĕ нацисен организацийĕ ячĕпе резолюци йышăннă. Митингра пулнисем Америка империалисчĕсем Корейăра тыткăнри çар çыннисене тискеррĕн хĕсĕрленине хирĕç протестлеççĕ, çав тискер ĕçсене халех чарса лартма тата преступниксене тивĕçлĕ наказани пама ыйтаççĕ.

### Венгри

БУДАПЕШТ, майăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Сабад Неп» хаçат «Америка агрессорĕсен ĕçĕ путланни» ятлă умстатьяра çапла çырать:

Америка агрессорĕсем Корейăра усал ĕçсем туни çинчен калакан çĕнĕ хыпарсем кашни кунах килсе тăраççĕ. Кочжедо утравĕ çинче юн тăкнă пирки пĕтĕм халăх тарăхни иртсе кайман, халĕ каллех Америка палачĕсем Пусанра çĕнĕрен преступлени тунă. Америка представителĕсем пĕлтернĕ тăрăх, майăн 20-мĕшĕнче çав лагерьте Корейăпа Китайăн тыткăна лек*нĕ 86 çыннине вĕлернĕ тата амантна.*

Тыткăнри çар çыннисен лагерĕнче американецсем преступлени туни Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен политикин ирсĕрлĕхне уçса кăтартать, Уолл-стрит пĕтĕм тĕнчере пуç пулса тăрассишĕн мĕнле мес*летсемпе усă курнине тăрă шыв çине кă*ларать, вĕсем демократи, этемлĕхе хисеплени тата ирĕклĕх çинчен калаçни пĕтĕмпех суя пулнине кăтартать. Кочжедо *утравĕ çинчи* тыткăнри çар çыннисен паттăрлăхĕ çакăн çинчен калать: агрессорсем вĕсене темле хĕсĕрлесен те, юн тăксан та, тыткăнри çынсен кĕрешме чăрăнас çук.

### Румыни

БУХАРЕСТ, майăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Бухарестри хаçатсемпе радио пĕтĕм Румынире митингсем пулни çинчен пĕлтереççĕ. Çав митингсенче ĕççыннисем Америка çар çыннисем Корейăра тискер ĕçсем тунине хирĕç протестлеççĕ, Пĕрлешнĕ нацисен организацийĕ умне Америка агрессорĕсен преступленийĕсене чарса лартма требовани кăларса тăратаççĕ. Хаçатсем ĕççыннисен çырăвĕсене пичетлеççĕ. Çав çырусенче Корея тата Китайăн тыткăна лекнĕ çар çыннисене вĕлерекенсене кураймании, тарăхни çинчен каласа панă.

### ЧĂВАШ АССР-ĕнчи РАЙОНСЕНЧЕ ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХ ПРОДУКЧĔСЕМ ХАТĔРЛЕНИЙĔ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Майăн 20-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Сĕт-су | Аш-какай | Çăмарта | Çăм |
|---|---|---|---|---|
| Етĕрне | 25,2 | 30,0 | 28,3 | 3,0 |
| Кувакино | 22,4 | 34,8 | 19,3 | 0,3 |
| Улатăр | 21,9 | 34,7 | 22,2 | 1,3 |
| Вăрнар | 21,6 | 29,1 | 25,5 | 6,7 |
| Шупашкар | 21,0 | 20,1 | 20,5 | 0,7 |
| Канаш | 20,2 | 33,7 | 26,9 | 1,3 |
| Çĕрпӳ | 19,3 | 35,1 | 23,8 | 0,2 |
| Çĕмĕрле | 19,1 | 40,2 | 30,8 | 3,4 |
| Чурачăк | 17,4 | 32,2 | 24,8 | 0,9 |
| Шăхасан | 17,2 | 33,4 | 15,4 | 2,8 |
| Елчĕк | 17,1 | 43,9 | 25,8 | 0,9 |
| Пăрачкав | 16,8 | 28,9 | 29,3 | 1,6 |
| Ишлей | 16,7 | 25,5 | 15,4 | 1,3 |
| Вăрмар | 16,5 | 25,5 | 20,3 | 1,1 |
| Красноармейски | 16,1 | 41,2 | 22,6 | 1,1 |
| Тăвай | 15,7 | 47,4 | 23,5 | 2,5 |
| Шăмăршă | 15,6 | 19,2 | 17,8 | 1,9 |
| Калинино | 15,6 | 35,8 | 21,4 | 0,6 |
| Комсомольски | 15,1 | 34,0 | 20,2 | 0,4 |
| Чкаловски | 15,1 | 31,2 | 21,6 | 2,4 |
| Сĕнтĕрвăрри | 14,9 | 38,7 | 24,7 | 3,3 |
| Йĕпреç | 14,9 | 26,6 | 17,6 | 0,5 |
| Куславкка | 13,8 | 27,0 | 25,1 | 2,3 |
| Октябрьски | 13,6 | 34,2 | 20,4 | 2,2 |
| Сĕнтĕр | 13,6 | 29,3 | 44,9 | 0,1 |
| Муркаш | 13,4 | 31,3 | 27,7 | 0,5 |
| Хĕрлĕ Чутай | 12,6 | 27,1 | 14,9 | 2,6 |
| Элĕк | 12,3 | 39,0 | 19,8 | 0,3 |
| Первомайски | 12,1 | 29,4 | 17,5 | 2,3 |
| Советски | 11,7 | 30,8 | 18,5 | 0,8 |

## Мари АССР-ĕн юрăпа ташă ансамблĕн концерчĕсем

Пиренпе кӳршĕллĕ Мари АССР-ĕн юрăпа ташă ансамблĕ юлашки çулсенче пирĕн республикăра час-часах пулса концертсем парать. Кăçал та вăл Атăл тăрăхĕнчи хуласене гастроле тухнă. Çак кунсенче ансамбль Куславккара, Сĕнтĕрвăрринче, Шупашкарта пулса темиçе концерт пачĕ.

Шупашкарта вăл государство филармони *залĕнче, «Электрик» клубра концерт*сем пачĕ. Концерт программинче совет композиторĕсен, вырăс, украина, мари халăхĕсен юррисемпе ташшисем пулчĕç. Куракансем артистсене ăшшăн кĕтсе илчĕç, Тăван çĕршыв, аслă Сталин çинчен *хунă юрăсене ăста юрланине, халăх таш*шисене çав тери лайăх ташланине палăртрĕç.

Майăн 22-мĕшĕнче филармони залĕнче *Мари тата Чăваш АССР-ĕсен ташăпа юрă* ансамблĕсен юлташла тĕлпулăвĕ пулчĕ. Çак малтанхи тĕлпулу питĕ ăшшăн иртрĕ. Икĕ республикăн ансамблĕсем хăйсен творчествăллă пултарулăхне кăтартрĕç, пĕр-пĕрин ĕçĕсемпе паллашрĕç.

*Тĕлпулура Сталинла премии лауреачĕ* Ф. М. Лукин, Мари АССР-ĕн юрăпа ташă ансамблĕн главнăй дирижерĕ А. Искандаров тата ыттисем те сăмах тухса каларĕç. Вĕсем икĕ ансамблĕн репертуарне мари тата чăваш юррисене кĕртме кирлине, тăванла республикăсенчи халăхсен юррисемпе ташшисене пропагандăлама кирлине палăртрĕç.

Халĕ Мари АССР-ĕн юрăпа ташă ансамблĕ Козмодемьянск хулине тухса кайрĕ.

### Пĕлтерни

ВКП(б) Шупашкар хула комитечĕн парткабинетĕнче çакăн пек ĕçсем пулаççĕ:

1. Майăн 27-мĕшĕнче, каçхине 8 сехетре, *докладчиксемпе агитаторсем валли* доклад пулать. Тема: «Ачасене сыхламалли пĕтĕм тĕнчери кун».

*Докладчик—ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ* В. Ф. Федорова юлташ;

2. Майăн 28-мĕшĕнче, каçхине 8 сехетре, консультантсен семинарĕ пулать. Семинарта марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсемпе теорилĕ ыйтусем тăрăх итоглă занятисем ирттересси çинчен сӳтсе явмалла.

ВКП(б) ХУЛА КОМИТЕЧĔН ПАРТКАБИНЕЧĔ.

# Ыйтусемпе ответсем

ЫЙТУ: Çĕр хăçан тата мĕнле пуçланса кайнă?

В. ЛУКИН, Красноармейски районĕнчи Çавалçырма ялĕ.

ОТВЕТ: Çĕр мĕнле тата хăçан пуçланса кайни çинчен авалхи халăхсем хушшинче тĕрлĕ халапсемпе юмахсем нумай çӳренĕ. Çавăн пек халапсенчен пĕрне библи кĕнеки çинче çырнă. Унта çырнă тăрăх, çĕре, хĕвеле, уйăха, çăлтăрсене, çĕр çинче пурăнакан чĕрчунсемпе ӳсентăрансене турă тунă пулать.

*Анчах чăн-чăн учёнăйсем нихçан та* библи кĕнеки çинчи халапсене ĕненмен, мĕншĕн тесен библири халапсем нихăш енчен те наукăпа сыхăнса тăмаççĕ. Сăмахран, библи халапĕсене ĕненес пулсан, хĕвеле çĕртен пĕчĕкрех тесе шутламалла, тĕрĕссипе илсен, хĕвел эпир пурăнакан *çĕртен пĕр миллион та виççĕр пин* хут пысăкрах шутланать. Çакна математикăна пĕлекен çын хуть те хăçан та тĕрĕслесе пăхма пултарать. Библирe çăлтăрсене—пĕчĕк çутă япаласем, хĕвелпе уйăха—пысăккисем тенĕ. Астрономи çăлтăрсем пĕчĕк маррине вĕренсе пĕлнĕ. Çăлтăрсем пурте хĕвел пекех питĕ пысăк çутă шарсем, вĕсенчен хăшĕ-пĕрисем хĕвелрен те миллионшар хут пысăкрах. Çăлтăрсем пирĕнтен питĕ инçетре пулнă пирки çеç сав тери пĕчĕккĕ курăнаççĕ. Вĕсем пĕрмаях сутăлса тăраççĕ, анчах кăнтăрла хĕвел çутатнă пирки пире курăнмаççĕ. Ракетопланcемпе сывлăш питĕ сайралачнă вырăнсене хăпарсан, çăлтăрсем кăнтăрла та питĕ лайăх курăнаççĕ.

Библи халапĕсем тăрăх хĕвелпе çăлтăрсем пурте çĕр тавра çаврăнаççĕ. Анчах, наука пĕлтернĕ тăрăх, çĕр хăй тавра 24 сехетре пĕрре çаврăннă пирки çеç çăлтăрсем çĕр тавра çаврăннă пек туйăнать. Çĕр хăй тавра çаврăннине пĕлтерекен явленисене, фактсене наука нумай тупса пама пултарать. Ун çинчен географи кĕнеки çинче те çырнă.

Ученăйсем библи юмахĕсем тĕрĕс маррине тахçанах пĕлнĕ, çавăнпа çĕр мĕнле пулни çинчен тĕрлĕ гипотезăсем, теорисем шухăшласа тупнă. Малтан тунă гипотезăсем ун чухнехи наука даннăйĕсемпе килĕшӳллĕ пулнă. Анчах наука пĕрмаях малалла пырать, пĕрмай çĕнĕ фактсем тупса вăйланать.

Хальхи вăхăтра совет ученăйĕсем наукăри пур ыйтусем енĕпе те малта пыраççĕ. *Çавăнпа çĕр пуçланса кайнине* пĕлтерекен чи тĕрĕс теорине пирĕн ученăйсем çеç тума пултарнă.

Çĕр хĕвел тавра пĕр пĕччен çаврăнса çӳремест. Çĕр пеккисем хĕвел тавра тата сакăр планетăпа пĕчĕк планетоидсем нумайăн çаврăнса çӳреççĕ.

*Çĕнĕ теори тăрăх, планетăсем, плане*тоидсем пурте пĕр вăхăтрах, пĕр майпа пулнă. Планетăсем пуçланса кайнăранпа 6—7 миллиард çула яхăн иртнĕ. Планетăсем пуçланиччен хĕвел тавра тусанлă-газлă пĕлĕт пулнă. Çак тусанлă-газлă пĕлĕте хальхи çĕр атмосферинчи çумăр е юр пĕлĕчĕсемпе пăтраштармалла мар. Çĕр çумĕнчи пĕлĕтсен составне питĕ вĕтĕ шыв тумламĕсем çеç кĕреççĕ, вĕсем тĕнче уçлăхĕнчи тусанлă-газлă пĕлĕтсенчен темиçе пин миллиард хут пĕчĕкрех. Тĕнче уçлăхĕнчи тусанлă-газлă пĕлĕт питĕ пысăк вырăн йышăннă, унăн вĕçĕ хальхи чи аякра çӳрекен Плутон планета орбитинчен те инçерех пулнă. Тусанлă-газлă пĕлĕт составне вĕтĕ хытă материал, шăнса пăрланнă шыв пĕрчисем, углекислăй газ, метан тата ытти газсем те кĕнĕ. Водород газ нуринчен ытларах пулнă. Çав тусанлă-газлă пĕлĕт хĕвеле пур енчен те хупласа тăнă. Унăн пайĕсем пĕрмаях вырăнтан вырăна куçса, хĕвел тавра тĕрлĕ çулсемпе, орбитăсемпе çаврăннă. Кунсăр пуçне тата тусанлă-газлă пĕлĕтĕн тĕрлĕ ушкăнĕсем пулнă. Çак ушкăнсем хăйсен центрĕсем тавра çаврăннă вăхăтрах хĕвел тавра та çаврăнса çӳренĕ. Вĕсенчен хăшĕсем хĕвел тавра пĕр енелле, хăшĕсем—хирĕçле, хăшĕсем урлă выртакан çулсемпе хĕвел тавра çаврăнса çӳренĕ. Çапла тусанлă-газлă пĕлĕтри материал пĕр йĕркеллĕ çаврăнса çӳремен. Хĕвел халĕ те пĕр вырăнта тăмасть. Вăл пĕрмаях вырăнтан вырăна куçать. Ĕлĕк те вăл пĕр чарăнмасăр куçса çӳренĕ. Хĕвелпе пĕрле ăна хупласа *тăракан* тусанлă-газлă пĕлĕт те куçнă, хĕвелрен юлман. Хĕвел çывăхĕнчи пайсем хĕвел тавра хăвăртрах *çӳренĕ, инçетрисем—хулленрех* куçса çӳренĕ.

Тусанлă-газлă питĕ пысăк пĕлĕт хĕвеле хупланă *пирки* хĕвел çак пĕлĕт хĕррийчи вырăнсене ăшăтайман, çывăхри вырăнсене çеç ăшăтнă. Хĕвел çывăхĕнчи *ирĕлме пултаракан материалсем (пăр татăкĕсем) ирĕлсе газ пулнă та,* хĕвел çути тĕртсе янă пирки аяккалла кайнă, сивĕрех вырăна лекнĕ. Хĕвелрен инçерех вырăнсенче çав ирĕлнĕ япаласем каллех шăнса, пĕр-пĕринпе сыпăçса, пысăкрах татăксем тунă, Вĕсем центр патне сывхарса пырса, чылай пысăк татăк пулса тăнă.

Сывăхра материал нумай чухне çак центрти пысăк пай чылай хăвăрт ӳссе планета пулса тăнă. Планета ӳснĕçемĕн ӳссе пынă. Ун çине тĕрлĕ пĕчĕкрех пайсем пĕрмай ӳкse тăнă пирки, вăл хăй тĕнĕлĕ тавра хăвăртрах çаврăнма пуçланă. Халĕ те пысăк планетăсем Юпитер, Сатурн хăйсем тавра çĕртен чылай хăвăртрах çаврăнаççĕ. Вĕсем çине тусанлă-газлă пĕлĕтĕн пĕчĕк пайĕсем нумайрах ӳкнĕ пирки, вĕсем пысăкрах пулнă, хăвăртрах çаврăнма тытăннă.

* * *

Çапла вĕтĕ пайсем пĕрлешсе пулнă планетăсем малтан пурте сивĕсерсем пулнă. Планета çине ӳкнĕ пайсем, пурте планетăн центрĕ (варри) еннелле туртăннă пирки, планета ăшĕнче температура ӳссе пынă, ун варринчи тĕрлĕ материалсем çемçелсе, хăш вырăнсенче—ирĕлсе, шăранса пынă. Çемçелнĕ е шăраннă япала ăшĕнче кăшт йывăртарах материал аялалла куçать, çавăнпа планета çине лекнĕ йывăртарах элементсем планетăн центрĕ патне сывхарнă та унăн центрĕ таврашĕнче пухăнса юлнă.

Малтанхи планетăсен çийĕ тикĕс пулнă, унта хальхи пек çӳлĕ сăртсем, тинĕссем пулман, пур çĕрте те чи çиелте шыв пулнă пулмалла, шывран çӳлерех атмосфера сывлăшĕ пулнă. Планетăсен ăшĕнче температура пĕрмаях ӳссе пынă пирки, хăш тĕлте çĕр чĕтренĕ, вулкансем пулнă. Çĕр чĕтренĕ тата вулкансем пулнă чухне çĕр çийĕ улшăнса пынă. Планетăсем çинче вара тĕрлĕ сăртсем, çӳлĕрех вырăнсем, айлăмсем пулаççĕ; айлăмсене шыв тулать, çӳлĕрех вырăнсенче типĕ çĕр пулса юлать. Çав вăхăтрах шывсенче питĕ вĕтĕ микроскоппа çеç курăнма пултаракан белок текен химиллĕ веществосем пулаççĕ. Çак белокла веществосем химилле улшăнса пынă пирки, чылай вăхăт иртсен микроскоп витĕр çеç курăнма пултаракан чĕрĕ япаласем пулса каяççĕ.

Эпир пурăнакан çĕр—хĕвел тавра çаврăнса çӳрекен планетăсенчен пĕри. Çапла ку тăранччен планетăсем çинчен каланине эпир пурăнакан çĕр çинчен те калама юрать.

Планетăсем тавра вĕсен спутникĕсем çаврăнса çӳреççĕ. Планетăсен спутникĕсем планетăсемпе пĕрлех, вĕсем пулнă пекех пулнă. Çапла çĕр тавра çаврăнса çӳрекен уйăх та çĕрпе пĕрлех пулнă. Планетăсен спутникĕсем планетăсенчен нумай пĕчĕкрех, çавăнпа вĕсем çинче атмосфера çук, çĕр тавра çаврăнса çӳрекен уйăх çинче те атмосфера çук; спутниксен сывлăша хăй патне туртса илме вăй çитмест.

Тусанлă-газлă пĕлĕтрен планетăсем пулса çитиччен темиçе миллиард çул иртнĕ. Планетăсем, вĕсемпе пĕрлех çĕр те, чăнах та çак каласа панă пек пулнине пĕлтерекен фактсем чылай.

Халĕ те çĕр çине пĕрмаях питĕ пĕчĕк чулсем ӳкse пыраççĕ, вĕсем ӳкнине эпир çĕрле час-часах курма пултаратпăр. Мĕншĕн тесен çĕр таврашĕнчи сывлăша лексен, вĕсем хĕрсе сутатма тытăнаççĕ те, пире вара çăлтăр ярăнса ӳкнĕ пек туйăнать. Ученăйсем кашни талăкрах çĕр çине 10 тоннăна яхăн метеорсем ӳкнине шутласа илнĕ. Çапла вара пирĕн çĕр *кашни çулах* вăтам шутпа 4 пин тоннăна яхăн ситĕнет, унăн масси çумне кашни çулах çавăн чухлĕ материал хушăнса пырать.

*Хĕвелрен инçетри планетăсем çинче* тĕрлĕ газсем: аммиак, метан нумай. Çĕнĕ теори мĕншĕн çав газсем хĕвелрен инçетри планетăсем çинче нумайрах тĕл пулнине пĕлтерет. Çĕнĕ теори тĕрлĕ кометăсемпе планетоидсем мĕншĕн тăрăхла орбитăсем тăрăх çӳренине, планетăсен орбити (çулĕ) мĕншĕн ункă евĕрлĕрех пулнине те лайăх ăнлантарать.

Тусанлă-газлă пĕлĕт ăçтан хĕвеле хупласа илме пултарни çинчен çĕнĕ теори хальхи вăхăтра татса каламасть. Тĕнче уçлăхĕнче тусан-газлă пĕлĕтсем халĕ те темĕн чухлĕ тĕл пулаççĕ, вĕсене телескоп витĕр нумайăшне курма пултаратпăр. Тен, вĕсенче халĕ те пиртен питĕ аякри вырăнсенче çĕнĕ планетăсем çуралаççĕ пулĕ. Пире сутатакан хĕвел хăй йĕри-тавра темĕн чухлĕ вещество салатать, çăлтăрсем те çавăн пекех. Çăлтăрсенчен вĕсен сутипе аяккалла ыткăнса кайкан веществосем тусанлă-газлă пĕлĕтсем витĕр тухаймаççĕ, çак пĕлĕт варринчех юлаççĕ, тусанлă-газлă веществосен хисепне ӳстернĕçемĕн ӳстерсе пыраççĕ.

**Ф. КУЗЬМИН.**
**Е. СОФРОНОВ.**

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.


РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔНЧЕ

Паян, майăн 25-мĕшĕнче, кăнтăрла тата каçхине

„Евгения Гранде"

Кăнтăрлахи спектакль 12 сехетре, каçхи—8 сехет те 30 минутра пуçланать.

„РОДИНА" КИНОТЕАТРТА

Паян, майăн 25-мĕшĕнче, кăнтăрлахи сеанссенче илемлĕ фильм

„Тринадцать"

Ыран, майăн 26-мĕшĕнче, кăнтăрлахи сеанссенче

„Мишка аристократ"

Каçхи сеанссенче—

«На всякого мудреца довольно простоты»

(икĕ сери пĕрле)

Кăнтăрлахи сеанссем вырсарникун 10, 12 тата 14 сехетре, тунтикун 12, 14 тата 16 сехетре, каçхи сеанссем 18.15 тата 21.45 сехетре пуçланаççĕ.


РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарĕ—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—4-17, ял хуçалăх пайĕ—3-97, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01356 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.